ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Апрель 17 ЭРНЕКУН № 77 (8986)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## Физкультурăпа спорт ĕçĕнче çĕнĕ ӳсĕмсем тăвар

Физкультурăпа спорт ĕçне анлăн сармалли чи лайăх тапхăр çывхарса çитрĕ. Çуллахи вăхăтра спорт енĕпе тĕрлĕ ăмăртусем ирттерме, ГТО значокĕн нормисене парас, спортсмен-разрядниксем хатĕрлес ĕçе анлăн организацилеме пулать.

Физкультурăпа спорт ĕççыннисене коммунизмла воспитани парас, сывлăха çирĕплетес ĕçре пысăк ) вырăн йышăнса тăрать. Совет правительстви физкультурăпа спорт ĕçне пĕрмай аталантарса пыма укçа-тенкĕ нумай уйăрса парать. Партин Центральнăй Комитечĕ партин вырăнти организацийĕсене физкультурăпа спорт организацийĕсен ĕçĕпе куллен интересленме, вĕсене тăтăшах пулăшса пыма хушать.

Республикăри физкультура организацийĕсем, парти кăтартăвĕсене пурнăçласа, чылай çитĕнӳсем турĕç. Физкультурăпа спорт ĕçне хутшăнакансен хисепĕ ӳсрĕ. Çамрăксем хушшинчен паллă спортсменсем ӳссе çитĕнчĕç. СССР рекордсменĕ Игнатьев, Бикчурин, Камалтдинов, Яшмейкин, Антонова, Емельянова, Максимова, Юрьева тата ытти спортсменсем тунă çитĕнӳсем пурне те савăнтарассĕ. Россия Федерацийĕнчи вăйлă çынсен ăмăртăвĕнче пирĕн республика представителĕ Захаров çĕнĕ рекорд турĕ, ăмăртура пĕрремĕш вырăн йышăнса абсолютнăй чемпион ятне илчĕ.

Анчах физкультурăпа спорт ăмăртăвĕсенче халиччен тунă çитĕнӳсем питĕ çителĕксĕр. Уйрăм физкультурниксем пысăк çитĕнӳсем турĕç пулин те, пирĕн республикăра физкультурăпа спорт ĕçĕ кирлĕ пек анлăн саралса пымасть-ха. Ăмăртусене хутшăнакансен йышĕ ытла та сахал. ГТО значкисчĕсемпе спортсмен-разрядниксем хатĕрлес ĕç япăх тăрать. Кăçал пĕрремĕш ступеньри ГТО значкисчĕсем пурĕ те 588 çын, иккĕмĕш ступеньри значкистсем 21 çын кăна хатĕрленĕ. Спортсмен-разрядниксем хатĕрлесси тата та япăхрах. Советски, Сĕнтĕр, Шăмăршă, Шăхасан, Тăвай, Кувакино, Канаш районĕсенче вара пĕр значкист та, пĕр спортсмен-разрядник та хатĕрлемен.

Хăшпĕр хуласемпе районсенчи физкультурăпа спорт организацийĕсем тата спорт обществисен совечĕсем хуласемпе ялсенче, республикăра ирттерекен ăмăртусене пачах хутшăнмассĕ. Калинино, Шăмăршă, Тăвай, Кувакино, Пăрачкав районĕсенче спорт ĕçне япăхтарса янă. Çак районсем республикăра ирттерекен ăмăртусене хутшăнмассĕ, хутшăнсан та кирлĕ чухлĕ çынсем ямассĕ.

Ăмăртусенче тăвакан çитĕнӳсем те пысăках мар. Республикăри рекордсем, Пĕтĕм Союзри спорт классификацийĕн нормине танлаштарсан, питех те пĕчĕк. Хăшпĕр рекордсем 4—5 çул е ытларах та улшăнмасăр тăрассĕ. Диск ывăтмалли рекорда, сăмахран, 1936 çултанпа çĕнетсе лайăхлатаймассĕ. Çакă вăл спорт обществисем спортсменсен ăсталăхне ӳстерес, вĕсене вĕрентес ĕçе начар туса пынинчен килет.

«Колхозник» спорт обществине тунăранпа икĕ çул ытла иртрĕ. Пурне те паллă, пирĕн республикăри çак обществăн спортсменĕсем РСФСР-ти ăмăртусенче пĕрре çеç мар мала тухса рекордсем турĕç. Ялсенчи хăшпĕр коллективсем паллă спортсменсем çитĕнтерчĕç. Анчах уйрăм çитĕнӳсене кура «Колхозник» спорт обществин ĕçĕнчи пысăк ситменлĕхсене асăрхамасăр тăма юрамасть. Ку общество чи массăллă, вăйлă общество пулса тăрайман-ха. Чылай колхозсенче физкультура коллективĕсем çук, пуррисенчен те чылайăшĕ хут çинче кăна шутланса тăрассĕ. Ялти çамрăксем хушшинче спорт ĕçне анлăн сарас, спортсменсен ăсталăхне ӳстерес, çĕнĕ рекордсменсем, чемпионсем хатĕрлес тĕлĕшпе куллен тăрăшни çук. Коллективсене пулăшма инструктор-общественниксем вĕрентсе хатĕрлемессĕ.

Организацилле ĕçе тивĕçлипе туса пыман пирки «Колхозник» спорт обществи укçа-тенкĕ енĕпе пысăк йывăрлăха кĕрсе ӳкнĕ. Çавна пула ялсенче стадионсемпе площадкăсем тăвасси, массăлла спорт мероприятийĕсем ирттересси тивĕçлипе пулса пымассĕ.

«Колхозник» спорт обществине тĕреклетес тата ялсенче физкультурăпа спорта вăйлатас тĕлĕшпе Çĕрпӳ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз членĕсем паха ĕç пуçарчĕç. Колхоз ĕçченĕсем хăйсен пĕрлехи пухăвĕнче общество членĕсен хисепне чылай ӳстерме, ГТО значкисчĕсем, спортсмен-разрядниксем хатĕрлеме, спорт секцийĕсен ĕçĕсене лайăхлатма паха обязательствăсем йышăнчĕç. Спорт хатĕрĕсем илме 6.500 тенкĕ укçа уйăрса панă, спорт площадкипе шыв станцийĕ тума строительство материалĕсем хатĕрлеççĕ. Колхозниксем спорт енĕпе ирттерекен пур ăмăртусене те активлăн хутшăнма, лайăх спортсменсем хатĕрлеме йышăннă.

«Новая жизнь» колхоз членĕсен пуçарăвĕ республикăри ытти колхозсемшĕн паха тĕслĕх пулса тăрать. Ытти колхозсен те «Колхозник» спорт обществин ĕçне, ялсенче физкультурăпа спорта вăйлатма тивĕçлĕ ĕçсем туса ирттермелле.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çирĕплетнĕ план тăрăх çуллахи вăхăтра физкультурăпа спорт енĕпе пысăк ĕçсем туса ирттермелле. Шупашкарта, республикăри ытти хуласемпе район центрĕсенче тĕрлĕ ăмăртусем пулмалла. ГТО значкисчĕсем, спортсмен-разрядниксем хатĕрлес тĕлĕшпе нумай ĕçлемелле. Унсăр пуçне, пирĕн спортсменсем Совет Союзĕнчи ытти хуласенче пулакан пысăк ăмăртусене хутшăнассĕ.

Çуллахи спорт сезонĕ çывхарнă май спорт базисене лайăх хатĕрлес пулать. Анчах ку тĕлĕшпе çитменлĕхсем нумай. Майăн 13—17-мĕшĕсенче Шупашкарти «Молния» спорт обществин стадионĕнче 6 республикăри çăмăл атлетсен ăмăртăвĕ пулмалла. Çапах та стадиона юсас тĕлĕшпе ку таранччен нимĕн те туман-ха. Улатăрти «Трактор», «Локомотив» спорт обществисем те хăйсен стадионĕсене çуллахи сезона хатĕрлемессĕ. «Коммунизм ялавĕ» хаçатăн паянхи номерĕнче пичетленекен рейд материалĕ те хулари спорт обществисемпе профсоюз организацийĕсем çуллахи сезона питĕ вăрахăн хатĕрленнине кăтартса парать. Стадионсене, шыв станцисене, спорт хатĕрĕсене халех юсаса çитермелле, кирлĕ чухлĕ оборудовани туянмалла.

Республикăра шыв спортне анлăн сарма лайăх условисем пур. Анчах физкультурăпа спорт обществисем çак спорта халиччен те кирлĕ пек хакламассĕ. Çавна пула пирĕн çамрăксем шыв спорчĕ енĕпе пысăк çитĕнӳсем тăваймассĕ. Пĕлтĕр ялсенчи спортсменсен РСФСР-ти спартакиадинче пирĕн республика команди вунсаккăрмĕш вырăна çеç йышăннă.

Çуллахи спорт сезонĕнче шыв спортне массăллăн туса пырас ĕçе тĕпренех вăйлатмалла. Май пуçĕ çĕрте кашни ялта, хулапа район центрĕнче шыв станцийĕсем тумалла. Шыв спорчĕ енĕпе ĕçлекен секцисене вăйлатмалла, ăмăртусене çамрăксене йышлăн хутшăнтарса, паллă спортсменсем вĕрентсе ӳстермелле.

Физкультурăпа спорт ĕçне малалла аталантарассишĕн комсомол организацийĕсен куллен тăрăшмалла. Кашни комсомолец хастарлă спортсмен пултăр, çамрăксене пример кăтартăр, спортсменсене воспитани пама, ăсталăхне ӳстерме пулăштăр. Профсоюз организацийĕсен те спорт обществисен ĕçĕпе тăтăшах интересленмелле. Вĕсен, укçа-тенкĕ уйăрса панипе пĕрлех, спорт обществисен совечĕсен ĕçне ертсе пымалла. Суту-илӳ организацийĕсен çуллахи спорт сезонне ăнăçлă ирттерме кирлĕ хатĕрсене вăхăтра тата çителĕклĕ кӳрсе килмелле.

Физкультурăпа спорт ĕçне ăнăçлă туса пырасси пуринчен ытла кадрсенчен килет. Пултаруллă спортсменсене инструктор-общественниксем, тренерсем пулма вĕрентсе хатĕрлес пулать.

Ситес кунсенче физкультура активĕн канашлăвĕсем пулса иртессĕ. Çав канашлусенче ĕçри ситменлĕхсене хăюллăн палăртса, ситменлĕхсене пĕтермелли майсене тĕплĕн кăтартса памалла.

Спортсменсен ăсталăхне ӳстерсе пырасси, физкультурăпа спорт ĕçне массăсене ытларах хутшăнтарасси тĕп задача пулса тăрать. Партипе совет органĕсен физкультурăпа спорт организацийĕсене куллен пулăшса пымалла, вĕсен ĕçри ответлăхне ӳстермелле.

Çуллахи спорт сезонне лайăх хатĕрлепсе кĕтсе илер, ăна ăнăçлă ирттерер!

## ВЦСПС-ра

### Рабочисемпе служащисем пахча-çимĕç лартасси çинчен

ВЦСПС секретариачĕ рабочисемпе служащисем пахча çимĕç лартасси çинчен постановлени йышăннă.

Фабрикăсемпе заводсенчи профсоюз комитечĕсене, вырăнти комитетсене тата профсоюз комитечĕсен пахча çимĕç лартса ӳстерес, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекен комиссийĕсене рабочисемпе служащисен пахчисенĕ çурхи ирттерме хатĕрленес ĕçе сарма хушнă. Çурхи пуçланнă районсенче рабочисемпе служащисен пахчисенче çурхине вăхăтра тата лайăх ирттерме тăрăшмалла.

Пахча пур рабочисемпе служащисене çакна ăнлантарса памалла: лартмалли çĕрулмине, çавăн пекех пухса кĕртекен çĕрулмине те транспорт нимĕн чарусăр турттарать.

Профсоюз Совечĕсен предприятисемпе учрежденисенчи коллективсене пахча çимĕç лартма çĕр участокĕ илес енĕпе пулăшмалла. Ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен исполкомĕсем рабочисемпе служащисене пахча тума участоксем вăхăтра уйăрса пачăр. (ТАСС).

# Совет Союзĕ тăрăх

## Нефтяниксен культура дворецĕ

БАКУ, апрелĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Сталин ячĕпе тăракан культура дворецĕ—Сталински районĕнчи нефтяниксен канмалли юратнă вырăнĕ. Кунта кашни кунах 4 пин çынна яхăн пулать. Нефтяниксем культура дворецне лекци итлеме, çĕнĕ кинофильмсем курма, симфониллĕ концерт итлеме е спектакль курма, библиотекăран кĕнеке илме, консультацире пулма пыраççĕ.

Культура дворецĕн ĕçĕнче лекцилле пропаганда пысăк вырăн йышăнать. Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене тата И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенине пропагандăлассине тĕп вырăна хураççĕ. Çак ыйтусемпе ирттернĕ лекцисене, докладсене, калаçусене 10 пин çынна яхăн итленĕ. Çак ыйтусемпе конференцисем те ирттернĕ. «Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçа кĕртер» темăпа çамрăксен вечерне ирттернĕ. Вечер пысăк ăнăçлăхпа иртнĕ.

Çутçанталăк, техника, литература, искусство, педагогика ыйтăвĕсем тăрăх вулакан лекцисене нефтяниксем интересленсе итлеççĕ.

Культура дворецĕ малта пыракансен опытне сарма пулăшать. Техникăлла конференцисенче, пĕр-пĕрин опычĕпе паллашмалли вечерсенче рационализаторла сĕнӳсемпе новаторсен çитĕнĕвĕсем çинчен тĕплĕн сӳтсе яваççĕ.

Культура дворецĕнчи библиотекăран пиншер çын кĕнеке илсе вулать. Унта кĕнекесем 50 пин тома яхăн.

Культура дворецĕ çамрăк нефтяниксене нумайăшне аслă шкулсемпе техникумсен заочно вĕренмелли отделенийĕсене, рабочи çамрăкĕсен каçхи шкулĕсене вĕренме кĕме пулăшнă. Заочниксене пулăшма лекцисемпе консультацисем организацилеççĕ.

Художествăллă пултарулăха аталантарас тĕлĕшпе тимлĕ ĕçлеççĕ. Апрелĕн 13-мĕшĕнче кунта А. Рябовăн «Сорочинская ярмарка» ятлă музыкăлла комедине сцена çинче лартнине малтанлăха пăхса тухнă. Комедие культура дворецĕнчи драма, хор тата ташă коллективĕсем пĕрле лартаççĕ. Спектакль лартнă çĕре 40 çын хутшăнать. Культура дворецĕн драма коллективне хулари нефтяниксем пурте пĕлеççĕ. Азербайджан чĕлхипе ĕçлекен драма коллективĕ, нефтяниксен паттăр ĕçĕ çинчен И. Эфендиев çырнă «Светлый путь» пьесăна кăтартса, художествăллă пултарулăх коллективĕсен Пĕтĕм Союзри смотрĕнче иккĕмĕш преми илнĕ.

Культура дворецĕнчи 11 кружокпа студисенче 800 çынна яхăн тăраççĕ.



Грузин ССР-ĕ. Рустави—металлургсен хули. Çак çĕнĕ хула 5 çул çеç тултарнă-ха. Кĕске вăхăт хушшинчех хулара 930 çурт туса лартнă. Çĕнĕ çуртсенче пурăнмалли вырăн 145.300 тăваткал метр шутланать. 172 пин тăваткал метр чухлĕ урамсемпе тротуарсене асфальт сарса хытарнă. 190 пин йывăç лартнă.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Рустави хулинчи Центральнăй проспект.

М. КВИРИКАШВИЛИ фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Атăл урлă çул хываççĕ

ЖИГУЛЕВСК (Куйбышев облаçĕ). Жигули патĕнче ăшă кунсем тăраççĕ. Куйбышев гидроэлектростанцине тăвакансем çуркуннене лайăх хатĕрленсе кĕтсе илнĕ. Гидростанци котлованне тата плотина котлованне те шыв илесрен перемычкăсемпе хӳтĕленĕ.

Атăл урлă канат карса çул тумалли юпасене те çуркуннехи шыв пăсмалла мар туса çитернĕ. Çак çул стройкăри паха транспорт линийĕсенчен пĕри пулать. Гидроузел тунă çĕрте 7 миллион кубометр ытла бетон хумалла пулать. Бетон завочĕсене Атăлăн икĕ çыранĕнче те лартнă. Канат карнă çул çав заводсене чул тата хăйăр кăлармалли карьерсемпе çыхăнтарать. Канат карса çул тăвакан вырăнти Атăл сарлакăшĕ пин метр ытла. Атăл варринче çӳлĕ юпа туса лартнă. Çак юпа çине хурçăран тунă çирĕп канатсем карса хураççĕ. Атăл варринче çавăн пек юпа туса лартма никĕс хывнă чухне пиншер кубометр хăйăрпа чул купаланă тата Атăл тĕпне çĕршер металл юпа çапса лартнă.

Канат карса тунă çул тăршшĕ 19 километр пулать. Çак çул тăрăх кашни сехетре 500 тонна ытла груз куçарма май пулать.

Канат карса çул тăвакансен коллективĕ çула кăçалхи çулла туса пĕтерсе ĕçе кĕртме тăрăшать. (ТАСС).

## Культура работникĕсен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕ

Мускавра аслă шкулсемпе наука учрежденийĕсенчи работниксен профсоюзĕн, полиграфи производствипе пичет работникĕсен профсоюзĕн, искусство работникĕсен профсоюзĕн, политпросвет учрежденийĕсенчи работниксен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕсен пленумĕсем пулса иртнĕ. Пленум участникĕсем, министерствăсемпе комитетсене çĕнĕлле йĕркеленĕ май, асăннă профсоюзсене пĕрлештерсе пĕр профсоюз туса хума ыйтнă. ВЦСПС секретариачĕ пленумсен решенийĕсене ырланă. Çапла вара культура работникĕсен профсоюзне туса хунă.

Апрелĕн 14-мĕшĕнче культура работникĕсен профсоюзĕн пĕрремĕш пленумĕ пулса иртнĕ. Пленум Центральнăй Комитет президиумне 9 çынтан суйланă.

Культура работникĕсен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕн председателĕ пулма И. Н. Лебедев юлташа, председатель заместителĕсем пулма Ф. К. Лимно тата Н. Ф. Гаврилов юлташсене, секретарĕ пулма З. А. Черникина юлташа суйланă. (ТАСС).

## В. В. Маяковские асăнса ирттернĕ вечер

Апрелĕн 14-мĕшĕнче В. В. Маяковский вилнĕренпе 23 çул çитрĕ. Совет саманинчи чи талантлă поэта асăнса Мускавра вечер ирттернĕ. Вечера ССР Союзĕнчи совет писателĕсен Союзĕпе Политикăлла тата наукăлла пĕлӳсем сарас тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри общество организациленĕ.

Политехника музейĕн лекцисем ирттермелли пысăк залĕ. Владимир Маяковский çак залра нумай хут хăйĕн произведенийĕсене вуласа панă. Вăл хăйĕн произведенийĕсемпе коммунизм тăвас ĕçре хастарлă ĕçлеме хавхалантарнă. Çак залра поэт империализмла вăрă-хурахсене питлекен сăвăсем вуланă, малалла кайма чаракан мĕнпур чăрмавсене сирсе пăрахма чĕнекен сăвăсем те вуласа панă.

Вечер ирттернĕ кун зала туллиех халăх пухăннă. Вечера А. Софронов уçнă. Вăл хăйĕн сăмахĕнче В. Маяковский поэзийĕ питĕ пысăк вырăн йышăнса тăнине, пирĕн совет литературипе урăх çĕршывсенчи малта пыракан литература ялавĕ пулса тăнине палăртнă.

Поэт творчестви çинчен Л. Никулин каласа панă.

Унтан вечерта П. Антокольский, А. Первенцев, М. Луконин, С. Кирсанов тата ыттисем те сăмах тухса каланă.

Илемлĕ сăмах мастерĕсем В. В. Маяковскин поэмисене, сăввисене тата сатирăлла произведенийĕсене вуласа панă. (ТАСС).

## Ялхуçалăх мастерĕсем

Агрозоотехника курсĕсем ялхуçалăхĕнче ĕçлекен мастерсене вĕрентсе хатĕрлеççĕ. Кăçал çак курссенче вĕреннĕ 3 миллион çынна яхăн экзамен параççĕ. Кăнтăр енчи нумай районсенче экзаменсем пулса иртнĕ.

Ялхуçалăх мастерĕсене хатĕрлекен курссем виççĕмĕш çул ĕçлеççĕ. Курсра вĕренекен колхозниксемпе совхозсенчи рабочисене агрономсем, зоотехниксем, аслă шкулсемпе техникумсенчи преподавательсем тата наука работникĕсем 150 пин çын ытла вĕрентеççĕ. Ученăйсемпе специалистсем 20 учебник çырса пичетлесе кăларнă. Çав учебниксенче совет агрономи наукин çитĕнĕвĕсене кăтартса панă.

Теорие вĕреннĕ вăхăтрах курссенче малта пыракан колхозсемпе совхозсен тата машина-трактор станцийĕсен опычĕ çинчен те вĕреннĕ. Ăнăçлă вĕренсе тухакансене пĕрремĕш разрядри ялхуçалăх мастерĕ: тырпул ӳстерекен, выльăх-чĕрлĕх пăхакан, пахча çимĕç е сад пахчи ĕрчетекен мастер ятне параççĕ. (ТАСС).

# МАЙ УЯВĔ УМĔНХИ ĂМĂРТУ



Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн коллективĕ, Май уявĕ умĕнхи ăмăртăва хутшăнса, производство планне ирттерсе тултарассишĕн тăрăшать.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: комбинатри стахановка Н. И. Федорова юлташ ĕçре. Вăл кулленех планран ирттерсе çип арлать.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

### Уйăхри плана тултарнă

Шăхасанти типографи пĕрремĕш кварталти плана 124 процент тултарнă. Май уявне çĕнĕ çитĕнӳсемпе кĕтсе илессишĕн ăмăртса, типографи коллективĕ çак уйăхри плана срокчен тултарчĕ.

Ильина Виноградов наборщиксем, Андреева печатница ĕç нормине куллен ирттерсе тултараççĕ.

## Продукци пахалăхне лайăхлатаççĕ

ÇĔМĔРЛЕ. Хулари предприятисемпе промартельсенче уяв умĕнхи ăмăрту куллен вăйланса пырать. Экстракт тăвакан «Большевик» завод, йывăç япаласем тăвакан завод тата ытти предприятисем те продукци туса кăларассине ӳстереççĕ, продукци пахалăхне лайăхлатаççĕ. Райпромкомбинатра вуншар рабочи уяв ячĕпе стахановла вахтăна тăнă. О. Шикин столяр март уйăхĕнчи нормăна 198 процент тултарнă. Вăл çак уйăхра тата тухăçлăрах ĕçлеме, нормăна 250 процент тултарма сăмах пачĕ. Çавăн пекех Л. Ермохина обойщица та паха тĕслĕхсем кăтартать. Вăл уйăхри нормăна икĕ хут çура ирттерсе тултарассишĕн кĕрешет.

Анат-çимĕçпе промышленность таварĕсен хакĕсене çĕнĕрен йӳнетни вырăнти промышленность предприятийĕсен ответлăхне ӳстерчĕ. Халиччен райпромкомбинат ултă йышши сĕтел-пукан туса кăларнă. Стахановецсем сĕннипе, коллектив тата тăватă йышши япала туса кăларма, продукци пахалăхне хăпартма, тăватă уйăхри производство планне апрелĕн 25-мĕшĕ тĕлне тултарма социализмла обязательство йышăнчĕ. Коллектив хăйĕн сăмахне чыслăн пурнăçласа пырать.

Инвалидсен «Партизан» артелĕ, «Красный кустарь», Ширшов ячĕпе тăракан промартельсем тата ыттисем те тăватă уйăхри плана ирттерсе тултарассишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн, чĕртаварпа материалсене перекетлессишĕн тимлĕн кĕрешеççĕ.

П. АНИСИМОВ.

## Хастарлă коллектив

ÇĔРПӲ. Пир-авăр фабрикин коллективĕ совет çыннисем валли паха пир-авăр ытларах туса кăларас ĕмĕтпе ĕçлет. Март уйăхĕнче фабрикăри рабочисем пурте ĕç нормине ирттерсе тултарчĕç, продукци пахалăхне лайăхлатмалли задание ăнăçлă пурнăçларĕç.

Коллектив Май уявĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва пысăк çĕкленӳпе хутшăнчĕ, ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тума сăмах пачĕ. Рабочисемпе работницăсен ĕçри хастарлăхĕ нихçанхиччен вăйлă ӳсрĕ. Ăмăрту пуçаракансенчен пĕри М. Скуратова юлташ март уйăхĕнче ĕç нормине 200 процент тултарчĕ. Халĕ вăл тата тухăçлăрах ĕçлет. З. Егорова, А. Андреева, Р. Белобаева юлташсем тата ыттисем те производствăна лайăхлатассишĕн пыракан кĕрешӳре паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

Ăмăртăва пуçарса пыракансем—коммунистсемпе комсомолецсем. Партбюро секретарĕ Г. Васильев мастер ертсе пыракан смена ыттисенчен лайăхрах ĕçлет. Вăл ертсе пыма тытăниччен ку смена юлса пынă. Васильев юлташ хăйĕн сменинче ĕçе тĕрĕс организацилерĕ, рационализаторла сĕнӳсене пурнăçа кĕртрĕ, коллектива Тăван çĕршыв умĕнчи тивĕçне тӳррĕн пурнăçлассишĕн кĕрешме хавхалантарчĕ.

Юлашки вăхăтра фабрика çĕнĕ механизмсемпе станоксем туянчĕ. Çитес кунсенче çав станоксемпе çĕнĕ йышши продукци—тĕрĕллĕ пир-авăр нумай тĕртсе кăларма тытăнаççĕ. Халĕ вырнаçтарса лартнă станоксемпе чӳрече каррисем тĕртсе кăларма пуçларĕç.

Т. ФЕДОРОВА, фабрикăри партбюро секретарĕн заместителĕ.

## Çамрăксем—ырă тĕслĕх

СĔНТĔРВĂРРИ. «Крестьянский кузнец» артель коллективĕ çак уйăхри производство планне 110 процентран кая мар тултарма сăмах пачĕ. Коллектив хăйĕн сăмахне ăнăçлăн пурнăçа кĕртсе пырать. Артельте ĕç нормине тултарман тимĕрçĕсем çук. Нумайăшĕ ĕç тухăçлăхне куллен ӳстерсе пыраççĕ. Уйрăмах çамрăксен бригадинчи комсомолецсем паха тĕслĕх кăтартаççĕ. В. Офицеров, В. Бибиков, В. Камбулов тата ытти комсомолецсем ĕç нормине 200 процент таран тултарса пыраççĕ.

«Портной» артель коллективĕ те пысăк хастарлăхпа ĕçлет. Артель пĕрремĕш кварталти плана чылай ирттерсе тултарчĕ. Уяв ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, бригадăсем паха продукци туса кăлараççĕ.

М. ТИТОВ.

## Торф кăларма тытăннă

УЛАТĂР. Вырăнти топливо промышленность управленине пăхăнса тăракан вăрманпромхоз коллективĕ Шупашкар тата Кире вăрманпромхозĕсен коллективĕсемпе ăмăртса ĕçлет. Вăрманпромхоз 4 уйăхри плана 20 кун малтан тултарчĕ. Май уявĕ ячĕпе ăмăртăва хутшăнса, вăрманпромхоз коллективĕ çак уйăхра торф кăлармалли плана 150 процент, вутă хатĕрлемелли задание чылай ирттерсе пурнăçлама сăмах пачĕ.

Резчиковпа Пасхин шоферсем, Фадейкин, Танькин, Макаров рабочисем тата ыттисем те ĕç нормине куллен ирттерсе тултараççĕ.

Апрелĕн 13-мĕшĕнче вăрманпромхоз торф кăларма тытăнчĕ. Çак сезонта çурĕ 6 пин тонна торф кăларса типĕтме палăртнă. Вăрманпромхоз коллективĕ планран ирттерсе чылай топливо хатĕрлессишĕн кĕрешет.

Н. АННЕНКОВ.

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Парторганизаци ертсе пынипе

«Уйăрăнк» колхозри парторганизаци кăçалхи отчетпа суйлав пухăвĕ çуракине хатĕрленес ĕçри çитменлĕхсене палăртрĕ. Ун чухне ăмăрти вăрлăхсем хатĕр пулман: сĕлĕ тасатса пĕтермен, викăпа йĕтĕн вăрлăхне улăштарса илмен пулнă. Удобренисене хире турттарса пĕтерменнине, тимĕрçĕсем ĕç хатĕрĕсене ытла та хуллен юсанине кăтартнă. Çапах та парторганизаци секретарĕ Козлов юлташ коммунистсене тĕрлĕ çитменлĕхсене пĕтерес ĕçе çителĕклĕ хутшăнтарса пыман. Комсомолецсем те çуракине хатĕрленес ĕçе хутшăнман.

Юлашки виçĕ уйăх хушшинче парторганизаци колхоз çуракине мĕнле хатĕрленни çинчен колхоз председателĕн И. Макаров юлташăн отчетне виçĕ хутчен итлерĕ. Парторганизаци хăйĕн членĕсене ĕçĕн ответлă участокĕсем çумне çирĕплетнĕ: С. Наумов коммуниста вăрлăх хатĕрлес ĕçе ертсе пыма хушнă, В. Макаров коммуниста колхоз валли минеральнăй удобренисем кÿрсе килес ĕçе ертсе пыма, С. Козлов коммуниста çуракинче ĕçлемелли хатĕрсене мĕнле юсаса пынине тĕрĕслеме хушнă. Çак ĕçе тума тата колхозри машиноведа Липатов коммуниста çирĕплетнĕ. Комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксем тĕрлĕ агротехникăлла ĕçсене хутшăннă.

Колхоз членĕсем февральте пулса иртнĕ хăйсен пухăвĕнче Чкаловски районĕнчи ялхуçалăх работникĕсем чĕнсе каланине сÿтсе явнă. Ялхуçалăхĕнче пысăкрах çитĕнÿсем тăвас тесе, колхозниксем пысăк çĕкленÿпе социализмла ăмăртăва хутшăннă.

Чи кирлĕ участоксене ертсе пыракан коммунистсем хăйсен ĕçне тăрăшса туса пынă. Çуракине хатĕрленес ĕçе вĕсем ĕçлеме пултаракан колхозниксене пурне те, чи малтан, колхозри вунпĕр коммуниста, 14 комсомолеца хутшăнтарнă. Парторганизаци секретарĕ И. Козлов юлташ вăрлăх хатĕрлекен складсенче, лаша витисенче, тимĕрçĕ лаççисенче кашни кун пулнă. Вăл колхоз председательне И. Макаров юлташа нумай пулăшу панă, ăна канашсем парса пынă. Участоксем çумне *çирĕплетнĕ коммунистсем* парторганизаци секретарьне те, парти пухăвĕсенче те хăйсен ĕçĕсем çинчен отчетсем туса парса, татах çĕнĕ поручениссем илнĕ, вĕсене те пурнăçа кĕртсе пынă.

Иртнĕ кунсенче правлени колхоз çуракине мĕнле хатĕрленсе çитнине пăхса тухнă. Колхоз çуракине начар хатĕрленмен темелле. Тулă, сĕлĕ, вир, пăрçа, хуратул, вика вăрлăхĕсене çителĕклĕ хатĕрлесе хунă. Вĕсене, пурне те лайăх тасатнă, сортировкăпа триер витĕр кăларнă. Амалли пур вăрлăхсем те паха пулнине кăтартнă. Колхозра йăкăча çитмĕç тата махорка вăрлăхĕсем те пур.

Ялхуçалăх инвентарьне пĕтĕмпех юсаса пĕтернĕ. Виçĕ сеялка, вунултă плуг, çирĕм тăватă сÿре ĕçе юрăхлă. Урапасене, михĕсене е. лаша кÿлмелли хатĕрсене пурне те юсаса хатĕрленĕ.

Хĕл кунĕсенче уй-хире пин тонна яхăн тирĕк турттарса кăларнă, 60 центнер чăх-чĕп тислĕкĕ, 30 центнер кĕл хатĕрленĕ. 120 гектар çинче юр тытнă. Колхоз хăйĕн автомашинипе Çĕмĕрлерен тĕрлĕ минераллă удобренисем турттарнă. Тĕрлĕ удобренисене: аммони сульфатне, аммиаклă селитрăна, суперфосфата, кали тăварĕсене, фосфорит çăнăхне мĕн пурĕ 12 тонна илнĕ.

Колхозниксен пухăвĕнче производство планне туса çирĕплетнĕ. Ăна малтан йышăннă социализмла обязательствăсемпе çыхăнтарса тунă. Çав план тăрăх, çуракинчи тĕп ĕçсене вуникĕ кунта туса пĕтермелле. Кăçалхи ĕçсен нормисене те пăхса тухса çирĕплетнĕ.

Çураки вăхăтĕнче коммунистсен тата комсомолецсен мĕнле ĕç тумаллине пуçламăш парторганизаци палăртса хунă, хăйĕн шухăшĕсене колхоз правленине пĕлтернĕ. Н. Липатов, А. Наумов, М Пелешин коммунистсем тырă акакансемпе пĕрле ĕçлемелле, С. Наумов коммунист вăрлăха уй-хире вăхăтра турттарса тăрас ĕçшĕн ответлă пулмалла. Уй-хир бригадин бригадирĕ И. Агафонов, И. Николаев тата А. Мельников коммунистсем тракторпа ĕçлемелле. Трактористсен курсĕнчен вĕренсе тухнă комсомолецсем А. Николаев, И. Ванюшин, А. Жуков, И. Курышин, А. Басов, Н. Наумов трактор çумĕнче прицепщиксем пулмалла, çураки вăхăтĕнче вĕсем пурте агитатор пулса ĕçлемелле.

Социализмла ăмăртăва хутшăнса, колхозниксем кăçал вăтам шутпа кашни гектартан *100 пăт тĕштырă илме* сăмах панă. И. Агафонов коммунистăн бригади кашни гектартан 19 центнер ыраш, Старостин юлташ ертсе пыракан бригада кашни гектартан 18 центнер ыраш туса илме пулнă.

**В. ТОНЫШЕВ.**

Пăрачкав районĕ.

# Колхозри агитколлектив

Елчĕк районĕнчи Свердлов ячĕпе тăракан колхозри агитколлектив агитаци ĕçне коммунистсемпе комсомолецсене, ялти интеллигенцие — учительсене, медицина работникĕсене, ялхуçалăх специалисчĕсене хутшăнтарать. Агитколлективра 44 çын шутланать.

Парторганизаци агитаторсен теорилле пĕлĕвне ÿстерме, вĕсене массăлла-политикăлла ĕçĕн паха опычĕсемпе паллаштарма тăтăшах семинарсем ирттерет. Кăçал кун пек семинарсем 6 пулнă. Вĕсенче агитаторсем партипе правительство йышăннă решенисем çинчен, тĕнчери лару-тăру тата партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем çинчен докладсемпе лекцисем итленĕ. Кунсăр пуçне, пуçламăш парторганизаци агитацилле ĕçри паха опыта сарма канашлусем ирттерет, агитаторсен отчечĕсене парти пухăвĕсенче тăтăшах итлет.

Юлашки икĕ уйăх хушшинче колхозниксем валли 8 лекци, 18 доклад туса панă, вĕсене пурĕ 2.400 çын ытла итленĕ. Вăл шутран партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем тăрăх 3 доклад, тĕнчери лару-тăру çинчен 3 доклад ирттернĕ.

Агитаторсенчен уйрăммăнах А. Енейкин, Б. Романов, А. Пушков, В. Скворцов юлташсем тăрăшса ĕçлеççĕ, колхозниксем валли тĕрлĕрен темăсемпе докладсемпе лекцисем тăтăшах тăваççĕ.

Агитаторсем бригадăсенче пурĕ 120 ытла калаçу ирттернĕ, çав калаçусене пурĕ пин çынна яхăн итленĕ. Хальхи вăхăтра агитаторсем Г. М. Маленков, Л. П. Берия, В. М. Молотов юлташсем Иосиф Виссарионович Сталин юлташа пытарнă чухне пулнă хурлăхлă митингра каланă сăмахсене тата ССР Союзĕн Верховнăй Совечĕн сессийĕ йышăннă законсемпе постановленисене кашни колхозника ăнлантарса параççĕ.

Ĕçри опыт çакна кăтартать: массăллаполитикăлла ĕçсене витĕмлĕ тата хуçалăх ĕçĕсемпе тачă çыхăнтарса туса пынă çĕрте колхозниксен политикăлла тата производствăлла активлăхĕ куллен вăйланса пырать, унта колхозсем умĕнче тăракан задачăсене ăнăçлă пурнăçлаççĕ. Массăлла-политикăлла ĕçе тĕрĕс тата лайăх организацилени Свердлов ячĕпе тăракан колхоза çуракине пур енчен те хатĕрленме чылай пулăшрĕ. Çитес çуракинче акма çителĕклĕ таран вăрлăх хатĕрленĕ, вĕсене кондицие лартнă.

Агротехникăлла мероприятисене пурнăçлани—вăйлă тырпул никĕсĕ пулнине асра тытса, уя 1.500 тонна тислĕк кăларнă, 28 центнер кĕл, 15 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухнă, 100 тонна çĕрĕк тăпри хатĕрленĕ, 2,5 тонна минераллă удобренисем илсе килнĕ. Ялхуçалăх машинисем пурте хатĕр, юсавлă.

Агитаторсем массăлла-политикăлла ĕçĕн пур майĕсемпе те анлăн усă кураççĕ: колхозниксене хаçат-журналсем вуласа параççĕ, час-часах политикăлла информацисем ирттереççĕ, нагляднăй агитацие йĕркелеççĕ, стена хаçачĕсемпе боевой листоксем кăлараççĕ. Кăçал пурĕ 4 номер стена хаçачĕ, бригадăсенче 20 номер боевой листоксем кăларнă. Вĕсенче лайăх ĕçлекен колхозниксене ырлаççĕ, ĕçре кая юлса пыракансене критиклеççĕ.

Халĕ кашни бригадăрах колхозниксен пухăвĕсем пулса иртеççĕ. Агитаторсем çак пухусенче хăйсен калаçăвĕсене бригадăри, колхозри ĕçсемпе таччăн çыхăнтараççĕ, ĕçри çитменлĕхсене кăтартса парса вĕсене вăхăтра пĕтерме пулăшаççĕ, колхоза организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен çирĕплетес тата унăн обществăлла пуянлăхне ÿстерес тĕлĕшпе умра тăракан задачăсем çинчен ăнлантараççĕ.

**В. ИГНАТЬЕВ.**
**Н. МОСКОВСКИЙ.**

# Производствăна планлас ĕçе лайăхлатмалла

Канашри вагонсем юсакан завод япăх ĕçлет, производство планне тултарса пымасть, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли задание пурнăçламасть. Çак çитменлĕхсен тĕп сăлтавĕсенчен пĕри вăл завод уйăх тăршшĕпех пĕр тикĕс ĕçлемени пулать. Завод январь уйăхĕн пĕрремĕш вунăкунлăхĕнче плана — 20,2 процент тултарнă, Февраль уйăхĕн пĕрремĕш вунăкунлăхĕнче тата те начартарах ĕçленĕ. Март уйăхĕн пĕррĕмĕш вунăкунлăхĕнче уйăхри плана—4,2 процент çеç тултарнă. Виççĕмĕш вунăкунлăхра заводра штурмлаççĕ, çавна пула продукци пахалăхĕ чакать, брак ÿсет, усăсăр тăкаксем нумайланаççĕ.

Завод руководителĕсем предприяти пĕр тикĕс мар ĕçленине уйăх пуçламăшĕнче материалсем пулманни çине йăвантарма пăхаççĕ. Çапах та материалсем кÿрсе килессине йĕркелемеççĕ. Складсенче пружина тумалли хурçă, автосцепка деталĕсем 4—5 уйăх ĕçлемеллĕх пур, тепĕр йышши материалсем çукпа пĕрех. Снабжени пайĕ цехсене тĕрлĕ материалсем мĕн чухлĕ тата хăш вăхăтра кирлине лайăх пĕлсе тăмасть, заявкăсем парасси çине тимлĕн пăхмасть. Вăл час-часах тĕрĕс мар заявкăсем парать. Ткачев инженер материалсен нормисене пурнăçа мĕнле кĕртсе пынине лайăх тĕпчесе тăмасть, малта пыракансен опычĕпе меслетне пĕтĕçтерсе сарма тăрăшмасть.

Уйăх вĕçленнĕ тĕле заводра 100 вагон е ытларах та юсамалăх материалсем пулаççĕ. Çĕнĕ уйăх пуçланнă-пуçланманах цехсенче материалсем, çитменни çинчен калаçма пикенеççĕ. Виç кун, тăват кун иртет. Завода çĕнĕ материалсем пачах килмеççĕ, пилĕк-ултă кун иртсен цехсем, чылай вагонсене юсаса пĕтерсе, СССР Çул-йĕр министерствин инспекторне йышăнма тăратаççĕ. Малтанхи кунсенче материалсем çук тесе ĕçлемесĕр тăнă хыççăн чылай вагон юсаса пĕтернинчен тĕлĕнмелли çук, мĕншĕн тесен кашни цехра усă курман резервсемпе ресурссем сахал мар. Уйăхăн малтанхи кунĕсенче вăйăн-шайăн ĕçлесси кунта йăлана кĕнĕ. Завод дирекцийĕ тата партбюро штурмовщинăна пĕтерес, производство культурине хăпартас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ.

Чылай цехсен начальникĕсем пуласлăха курса ĕçлемеççĕ, *производство хăй тĕллĕн пулса пырасса* ытларах шанса пурăнаççĕ. Нумай цехсенче производствăна планлас тата производствăна хатĕрленес ĕçе йĕркелемен. Чăн та, кашни кварталта цехсем валли техпромфинплансем туса хатĕрлеççĕ. Кирек мĕнле тăрăшса тусан та, квартальти техпромфинпланта пĕтĕм ĕçе палăртма хĕн, мĕншĕн тесен план тунă чухне мĕнле вагонсем юсамалли паллă мар. Çавăнпа производствăна оперативлă, лайăх планлама тăрăшас пулать. Нумай цехсенче оперативлă план тăвассине пысăка хурса хакламаççĕ, задание пурнăçлама мĕнле материалсемпе детальсем, ĕç пайĕ мĕн чухлĕ кирлине, оборудование мĕнле режимпа ĕçлеттермеллине тĕпчесе пăхмаççĕ.

Малта пыракан предприятисенче вунăкунлăхри, кулленхи тата сехетри график тăрăх ĕçлеççĕ. Унсăрăн пысăк производствăна пĕр тикĕс ĕçлеттерме май çук. Вагонсем юсакан заводра график тăрăх ĕçлесси, графикшăн кĕрешесси йăлана кĕмен. Производство пайĕ цехсем талăкри, сменăри заданисене мĕнле пурнăçланине куллен тĕрĕслесе тăмасть.

Опыт çакна уççăн кăтартса парать: кашни заводра детальсен, уйрăмах куллен нумай кирлĕ детальсен запасĕ пулмалла. Сборнăй цехсем эрнери е кулленхи плана ирттерсе тултарсан, заготовительнăй цехсем задание 100 процент пурнăçласан та ĕçре йывăрлăхсемпе чăрмавсем пулма пултараççĕ. Заводри рессорсемпе пружинăсем тăвакан, запаслă пайсене юсакан цехсем хăшпĕр чухне плана пĕтĕмĕшпе те тултармаççĕ, задание ассортимент тăрăх пурнăçламанни вара часчасах пулать.

Механически тата рессорсемпе пружинăсем тăвакан цехсенче хăшпĕр детальсем уйăхĕ-уйăхĕпе выртаççĕ, мĕншĕн тесен çавăн пек детальсем сборнăй цехсенче çителĕклĕ. Тимĕрçĕ цехĕн руководителĕсем плана пур ассортиментпа номенклатура тăрăх тултарса пырассишĕн тивĕçлĕ ответлăх туймаççĕ, кирлĕ-кирлĕ мар детальсем нумай тутарса кăларса ытти цехсен ĕçне йывăрлатаççĕ, хаклă метала тĕрĕс мар расходласа пĕтереççĕ.

Уйрăм цехсенче тата складсенче пĕрик çул каярах туса хатĕрленĕ детальсем сахал мар выртаççĕ. Вĕсенчен чылайăшĕ конструкципе пахалăх енчен кивелнĕ, тÿрлетсе çĕнĕрен тĕрĕслесе пăхмасăр вĕсемпе усă курма юрамасть. Цехсен руководителĕсем, çавăн пекех дирекци те асăннă детальсене тишкерсе тухма тата вĕсемпе усă курма май килнипе интересленмеççĕ.

Сборнăй цехсем татти-сыпписĕр ĕçлесси запаслă пайсене юсакан цехран нумай килет. Ку цехра вагонсен иленекен пайĕсене юсаççĕ. Цех сборнăй цехсене кунтан-кун запаслă пайсем парса çитерейместь. Ăна задание тăтăшах пурнăçласа пыма материалсем нумай кирлĕ мар. Апла пулин те вăл çителĕксĕр ĕçлени унăн руководителĕсем çаврăнăçусăр пулнинчен, рабочисем хушшинче массăлла-агитацилле ĕçе тата социализмла ăмăртăва кирлĕ пек йĕркелеменнинчен килет.

Производство пайĕнче ĕçлекенсенчен час-часах çакна илтме пулать: снабжени пайĕн айăпĕ пирки завод çавăн чухлĕ вагон юсаса кăларайман, çав-çав цехсем йĕркеллĕ ĕçленĕ пулсан тата тăват-пилĕк вагон юсама пулатчĕ. Çавăн пек тишкерсе калаçнă хыççăн та ĕçре улшăнусем пулмаççĕ. Тишкерсе тухни япăх ĕç тесшĕн мар эпир. Анчах халиччен пулнă йăнăшсемпе çитменлĕхсене палăртни çеç çителĕксĕр, вĕсенчен тивĕçлĕ вывод, производствăна ертсе пырас ĕçе çĕнетсе лайăхлатни кирлĕ.

Цехсен руководителĕсем пĕр-пĕрин шухăш-туйăмĕсемпе тĕллевĕсене куллен лайăх пĕлсе тăмаççĕ, тĕрлĕ цехсем хушшинчи ĕçе планлассине йĕркелемен. Заводра производствăна планлассине лайăхлатмалла. Плансем туса хатĕрлес ĕçĕнчи паллă задачи вăл цехсене аталантарас тĕлĕшпе тĕрĕс пропорци тытса пырасси, производствăна ÿстермелли шалти резервсене тупасси тата вĕсемпе усă курасси пулать. Государство планĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе ертсе пыракан работниксем хушшинче çирĕпрен те çирĕп дисциплина тумалла. Плана пĕтĕм продукци хисепĕ енĕпе кăна мар, изделисен номенклатури, ассортиментĕ, пахалăхĕ енĕпе те, ĕç тухăçлăхĕ тата продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетес енĕпе те тултармалла.

Заводри парти, комсомол, профсоюз тата хуçалăх организацийĕсен коллектива çулталăкри плана ăнăçлă тултарма мобилизацилемелле, ĕçри çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерес, заводри пĕтĕм ĕçе лайăхлатас шутпа самокритикăпа аялтан килекен критикăна анлăн сарса ямалла.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездĕнче М. Сабуров юлташ çапла каларĕ: «Пирĕн кадрсене производствăна организацилес ĕçри çитменлĕхсемпе, хуçасăрлăхпа бюрократизм кирек епле палăрнисемпе те ним килĕшмесĕр кĕрешме вĕрентсе воспитани памалла, хуçалăхлă пурнăçри малта пыракан тата прогрессивлă çĕнĕ ĕçсене вăхăтра тупма тата вĕсене пур майсемпе те пулăшса тăма вĕрентмелле». Парти кăтартса панине пурнăçа кĕртесси—заводри парторганизацин куллен туса пымалли тивĕçĕ.

Заводри малта пыракан цехсемпе участоксем тата ĕçе лайăх йĕркеленĕ тĕслĕхсем сахал мар. Йывăç изделисем туса кăларакан цехра (начальникĕ Кисляков юлташ) производствăна яланах тимлĕн планлаççĕ. Кунта кашни смена, кашни рабочи çирĕп график тăрăх ĕçлет. Кашни рабочи мĕнле детальсем тата хăçан туса кăлармаллине малтанах пĕлсе тăрать. Мастерсем хăйсен ответлăхне туйса ĕçлеççĕ, *рабочисене пысăк пулăшу параççĕ*, малта пыракансен опычĕпе меслетне пĕтĕçтерсе сараççĕ. Ку цехра массăлла-агитацилле ĕçе тата социализмла ăмăртăва та лайăх организациленĕ. Цех администрацийĕ рабочисемпе мастерсен ăсталăхне ÿстерсе пыма тăрăшать. Вагон кустăрмисем юсакан цехра та производствăна планлас ĕçе аван йĕркеленĕ.

Дирекцин, завкомăн тата партбюрон малта пыракан цехсемпе производство новаторĕсен опычĕпе паха тĕслĕхĕсене анлăн сармалла.

**П. ХАРИТОНОВ.**

## Секретарьсен семинарĕ

КАЛИНИНО. Кунта шкулсенчи пуçламăш парторганизаци секретарĕсен семинарĕ пулса иртрĕ. Парторганизаци секретарĕсем КПСС райком секретарĕ А. Попов юлташ «Партин XIX-мĕш съезчĕ тата шкулсенчи парторганизацисен задачисем çинчен» тата Калинино вăтам шкул директорĕ И. Нарышкин юлташ «Шкулта политехникăлла вĕренĕве куçасси çинчен» тунă докладсене итлерĕç. Семинарта çавăн пекех шкулти пуçламăш парторганизацин ĕç планне мĕнле тăвасси çинчен сÿтсе яврĕç.

**А. ОСОКИН.**

## Комсомолецсем съезд материалĕсене вĕренеççĕ

Ушанарти Калинин ячĕпе тăракан колхозри комсомол организацинче политшкул ĕçлет. Унта 15 комсомолец вĕренет. Вĕсем пурте колхозра хастарлă ĕçлеççĕ.

Ку таранччен 16 заняти пулчĕ. Партин XIX-мĕш съездĕнче И. В. Сталин каланă сăмаха, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсене, Г. М. Маленков юлташ докладне, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем аслă çулпуç И. В. Сталин тупăкĕ умĕнче каланă сăмахсене, унсăр пуçне СССР Верховнăй Совет сессийĕн материалĕсене вĕрентĕмĕр. Çак документсене вĕреннĕ чухне эпĕ хамăн калаçусене яланах колхоз умĕнче тăракан задачăсемпе çыхăнтартăм.

Политшкулта вĕренекенсем сесси материалĕсене халĕ колхозниксене ăнлантарса параççĕ.

**Г. ВАСИЛЬЕВ,**
политшкул руководителĕ.

Шăхасан районĕ.

## Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх

«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине Шăхасан районĕнчи Матшÿри «Молодой колхозник» колхозри П. Васильев почтальон подписчиксене хаçат-журнал вăхăтра леççе паманни çинчен çыру килнĕччĕ. Редакци çырăва районти çыхăну кантурне, çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнма янăччĕ.

Çыхăну кантурĕн начальникĕ «çырури фактсем тĕрĕс, эпир Васильева почтальонран кăларас енĕпе мерăсем йышăнтăмăр, анчах та колхоз председателĕ Герасимов юлташ почтальон çителĕксĕр ĕçленипе килĕшсе пурăнать, ун вырăнне урăх çын тупса памасть. Район Совет исполкомĕнче çак фактсем паллă...», тесе пĕлтерчĕ.

Подписчиксем хăйсем çырăннă хаçатжурналсене вăхăтра илсе тăма тивĕçлĕ. П. Васильев почтальон çакна ăнланмасть, кирлĕ пек ĕçлеме тăрăшмасть пулсан, паллах ĕнтĕ, ăна ĕçре тытма юрамасть.

Районти çыхăну кантурĕ тата ĕççынни депутачĕсен район Совет исполкомĕ подписчиксен ыйтăвĕсене тивĕçтерме пултарайман почтальонпа килĕшсе ларни, ăна ĕçлеме пултаракан çынпа улăштарманни ытла та тĕлĕнтерет.

* * *

КПСС Калинино райкомĕ районти машина-трактор станцийĕ çуракине начар хатĕрленни çинчен çырнă заметкăра фактсене тĕрĕс кăтартса пани çинчен пĕлтерчĕ. МТС çуракине мĕнле хатĕрленни çинчен райком бюровĕн ларăвĕнче сÿтсе явнă, тракторсемпе ытти машинăсене юсас ĕçе тивĕçлипе организацилеменшĕн машина-трактор станцин директорне А. Волков юлташа асăрхаттарнă, партбюро секретарьне Стафик юлташа вăл МТС ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерессишĕн активлă кĕрешменнине кăтартса панă.

КПСС райкомĕн бюровĕ Волковпа Стафик юлташсене çырура асăннă çитменлĕхсене çак кунсенчех пĕтерме хушнă.

# Комсомол активне воспитани парасси çинчен

Çамрăксене коммунизм майлă воспитани пама Коммунистсен партине ленинлласталинла комсомол пулăшса пырать. Çак ĕçĕн ăнăçлăхĕ комсомол активисчĕсенчен нумай килет, çавăнпа та ĕнтĕ вĕсене вĕрентсе воспитани парассине лайăхлатни кирлĕ.

Парти лартнă задачăсене пурнăçа кĕртсе пырас тесен, активистсен яланах марксистла-ленинла теорие çине тăрса вĕренсе пымалла. Унсăр çамрăксене воспитани парас ĕçе ăнăçлă туса пыма çук. Пирĕн республикăра комсомолăн çĕршер активисчĕсем, марксизм-ленинизмăн каçхи университечĕсенче, парти политшкулĕсемпе кружокĕсенче, рабочисемпе ялти çамрăксен каçхи шкулĕсенче тата аслă е вăтам шкулсенче заочнă вĕренсе, теорие алла илессине хăйсен практикăлла ĕçĕпе çыхăнтараççĕ.

КПСС райкомĕсемпе хула комитечĕсем тата пуçламăш парторганизацисем пулăшнипе комсомол активисчĕсене вĕрентсе воспитани парас ĕçе чылай районсемпе хуласенче лайăх йĕркеленĕ. ВЛКСМ Канаш хула комитечĕн секретарĕ Н. Числова юлташ марксизм-ленинизмăн каçхи университетĕнче, ВЛКСМ Канаш райкомĕн секретарĕсем Б. Михеевпа Л. Ефремова юлташсем аслă шкулсенче заочнă вĕренеççĕ. Вĕсем, хăйсен теорилле вĕренĕвне практикăлла ĕçпе çыхăнтарса пырса, комсомолецсене паха тĕслĕх кăтартаççĕ. Канаш хулинче парти вĕренĕвĕн системипе пурĕ 180 комсомолец-активиста хутшăнтарнă. Çакă вăл комсомол активисчĕсене чи малта тăракан теорипе, марксизм-ленинизм теорийĕпе тĕпĕшлаллатмалăх тăрăшни пулать.

Парти политикине тĕрĕс ăнланса халĕ ăна пурнăçа кĕртме пĕтĕç вăйпа тăрăшакан комсомолецсем ĕçлекен хушшинче сахал мар. Ун пек руководительсене çамрăксем хисеплеççĕ, юратаççĕ. Анчах комсомол организацисене ертсе пыракансем хушшинче ответлăха туйман çынсене те курма пулать. Ун пеккисем çамрăксем шанса панă ĕçе хисепе хумаççĕ, мăнкăмăлланса кайса, хăйсен пĕлĕвĕсене идейăпа теори тĕлĕшĕнчен ÿстерсе пымаççĕ, кайран вара тĕрĕс мар çул çине тăраççĕ. ВЛКСМ Хĕрлĕ Чутай райкомĕн иккĕмĕш секретарĕ Данилов юлташ, хăйне мăнна хурса, йăлара тĕрĕс мар тыткалама пуçланă. Юлташĕсем асăрхаттарнине вăл шута илмен, аялтан килекен критикăна йышăнасшăн пулман. Халĕ Данилов юлташа ĕçрен кăларнă, анчах вăл ответлăха туймасăр ĕçлени çамрăксене политикăна вĕрентес ĕçри пысăк çитменлĕхсем патне илсе пынă. Пропагандистсенчен нумайăшĕсем семинарсенче пулмаççĕ. Çав вăхăтрах районти чылай политкружоксенче занятисем идея тĕлĕшĕнчен начар иртеççĕ, занятисенче вĕренмелли материала ячĕшĕн кăна пăхса тухнисем те пулнă. Данилов юлташ пек ответлăха туймасăр ĕçлекенсем ытти хăшпĕр райкомсемпе хула комитечĕсенче те пур-ха.

ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕ иртнĕ çулхи августра ВЛКСМ Чăваш обкомĕн отчечĕ тăрăх йышăннă постановленире обкома комсомол кадрĕсене вĕрентсе воспитани парассине тĕпренех лайăхлатма хушса хăварнăччĕ. ВЛКСМ обкомĕ çав постановление пурнăçа кĕртессишĕн çине тăрсах ĕçлемест-ха. Постановленире кăтартса хăварнă нумай çитменлĕхсем халĕ те пур.

Комсомол работникĕсене вĕрентсе воспитани парас ĕç çине çителĕксĕр пăхни пирĕн ăнтĕ Улатăр хулинчи комсомол организацийĕсен секретарĕсенчен 50-шĕ ытла—ытти вăрăç илейменнисем. Хула комитетĕнче комсомол кадрĕсене вĕрентесси çинчен нумай калаçаççĕ, анчах вĕренме условисем туса парассишĕн пĕрре те тăрăшмаççĕ. Комсомол организаци секретарĕсенчен 7-шĕ кăна çамрăксен каçхи шкулĕнче вĕренеççĕ.

Комсомол активисчĕсемпе ĕçлесси çине çавăн пекех ВЛКСМ Чурачăк райкомĕ те сиелтен пăхать. Райкомăн пайĕсем штатра тăман докладчиксемпе инструкторсене марксистла-ленинла наукăна алла илме пулăшмаççĕ. Çамрăксем хушшинче докладсемпе лекцисем сайра хутра кăна ирттереççĕ. Юлашки вăхăтра докладчиксенчен хăшпĕрисем çамрăксем хушшинче пачах пулман.

Комсомол кадрĕсене вĕрентсе воспитани парас ĕç çине тимлĕн пăхма кирлине çак тĕслĕх те аван кăтартса парать. Иртнĕ çул вĕçĕнче пулса иртнĕ отчетпа суйлав кампанийĕ вăхăтĕнче 1.393 пуçламăш организацинче секретарьсем улшăннă, вĕсем пурте тенĕ пекех—çамрăк комсомолецсем.

Комсомолăн çак çамрăк активисчĕсене марксизм-ленинизмпа хĕçпăшаллантарма, комсомол пурнăçĕпе тĕплĕн паллаштарма, вĕсене хăйсен ĕçĕнчи çитĕнÿсемпе йăнăшсене кăтартса пырса, ĕçре пиçĕхтерме ВЛКСМ райкомĕсемпе хула комитечĕсене яланах пулăшса пырасси—парторганизацисен тивĕçĕ пулса тăмалла.

Комсомолецсен политшкулĕсемпе кружокĕсенче халĕ партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсемпе решенийĕсене вĕренеççĕ. Историлле документсене çамрăксем хушшинче пропагандăлас ĕçе лайăхлатас тесен, чи малтан пропагандистсене вĕрентесси çине, вĕсене методикăлла пулăшу парасси çине тивĕçлĕн пăхмалла. Çакна пур çĕрте те шута илмеççĕ-ха. ВЛКСМ Хĕрлĕ Чутай, Çĕмĕрле, Советски райкомĕсем политкружок руководителĕсемпе консультантсем валли семинарсем ирттересс ĕç çине ответлăха туймасăр пăхаççĕ. Чылай пропагандистсем семинарсене çÿремеççĕ, унта теорилле тата методикăлла ыйтусене тĕплĕн ăнлантарса памаççĕ. Çавна пула ĕнтĕ Çĕмĕрле районĕнчи комсомолецсен 10 политкружокĕнче съезд материалĕсене ку таранччен вĕренме тытăнман. Чылай политкружоксенчи занятисен идейăпа теорилле шайĕ çÿлĕ пусăмра мар. Хăшпĕр пропагандистсем материала ăнлантарса панă чухне пысăк йăнăшсем тăваççĕ, историлле фактсене пăсса кăтартаççĕ.

Партин хăшпĕр райкомĕсемпе хула комитечĕсем те пропагандистсене тĕрĕс суйласа илсе вĕсене воспитани парассине тĕпренех лайăхлатма комсомол организацийĕсене çителĕклĕ пулăшмаççĕ. КПСС Çĕмĕрле райкомĕнче ĕçлекенсем пĕлсе тăнă вăхăтрах комсомолецсен политкружокĕсене ертсе пыракансем хушшинче вăтам пĕлÿ илейменнисем 20 çын шутланаççĕ.

Хĕрлĕ Чутай тата Калинино районĕсенче комсомол политкружокĕсен руководителĕсем пулса партире те, комсомолта та тăман çынсем ĕçленĕ. Çакă вăл Хĕрлĕ Чутай тата Калинино районĕсенчи парторганизацисем çамрăксем хушшинчи политикăлла вĕренĕвĕн пахалăхне ÿстерме ВЛКСМ райкомĕсене пулăшманнине пĕлтерет.

Çакна яланах асра тытмалла: комсомол работникĕ—çамрăксем хушшинче парти директивисене пурнăçа кĕртекенни. Çамрăксемпе ĕçлекенсен политикăлла пĕлĕвĕ тата марксистла-ленинла ăнланулăхĕ мĕн чухлĕ çÿлĕ, çамрăк ăрăва коммунизмла воспитани парас ĕç çавăн чухлĕ ăнăçлăрах пулса пырать.

Марксизм-ленинизма вĕреннисĕр пуçне, комсомол работникĕн ытти нумай пĕлÿсене те алла илмелле. Сăмахран, ВЛКСМ райком секретарьне илер. Район хуçалăхĕ çинчен те, агротехникăпа колхоз строительстви çинчен те, шкул ĕçĕсем çинчен те, пионерсен ĕçĕсем çинчен те, физкультурăпа спорт çинчен те унăн тĕплĕн пĕлмелле, кашни кун тĕл пулакан ыйтусене тĕрĕс татса памалла. Çамрăксем хушшинче ĕçлекен кашни активиста педагогикăпа психологине пĕлни питĕ пысăк усă парать. Нумай енлĕ пĕлÿ илмесĕр çамрăк ăрăва воспитани парас кăткăс ĕçе ертсе пыма çук.

Комсомол активисчĕсем хăйсен пĕлĕвĕсене яланах ÿстерсе пыччăр тесен, вĕсене куллен пулăшу памалла. Çак пулăшăва мĕнле майпа пама пулать? Чи малтан, вĕренме кирлĕ условисем туса парасси çинчен шутлани кирлĕ. Обществăлла ĕçсене тума хушнă чухне çамрăксен каçхи шкулĕсенче, вăтам е аслă шкулсенче заочнă вĕренекенсем çинчен асра тытмалла. Зачетсемпе экзаменсем панă чухне вĕсене отпуск памалла. Çавăн пекех тата харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсем валли теорилле ыйтусем тăрăх лекцисемпе консультацисем тата конференцисем ирттерессине организацилемелле. Комсомол кадрĕсем мĕнле вĕренсе пынине яланах тĕрĕслесе тăмалла.

Комсомол работникĕсене вĕрентнĕ çĕрте вĕсене çамрăксем хушшинчи политикăлла тата организацилле ĕçсен опычĕпе паллаштарни пысăк вырăн йышăнса тăрать. Çакна тума тĕрлĕрен семинарсем ирттерни кирлĕ. Анчах хăшпĕр работниксем комсомол активне воспитани парас ĕçе семинарсемпе канашлусем ирттернипех татса пама пулать тесе шутлаççĕ. Кун пек шутлани тĕрĕс мар. Кадрсене вĕрентсе воспитани парасси—нумай енлĕ ĕç. Комсомолăн чăн-чăн работникĕсем практикăлла ĕçре, йывăрлăхсемпе кĕрешнĕ çĕрте кăна пиçĕхсе çитме пултараççĕ.

Комсомол активисчĕсене вĕрентсе воспитани памалли чи кирлĕ меслетсенчен пĕри вăл—самокритикăна, уйрăмах аялтан килекен критикăна анлă сарасси. Критикăпа самокритика çук çĕрте комсомол руководителĕсем комсомолецсемпе çамрăксен массисенчен уйрăлса каяççĕ, хăйсене мăнкăмăллăн тыткалама пуçлаççĕ, шанса панă ĕç çинчен манса каяççĕ. Ĕç çине хăйсене хăйсем критиклесе пăхманнине пула, ВЛКСМ Кувакино райкомĕн секретарĕ пулса ĕçленĕ Зараева юлташ районти комсомол организацийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене асăрхайми пулнă, ĕçри хăшпĕр çитĕнÿсемпе лăпланса ларма пуçланă, хăйне мăнна хума тытăннă. В. Зараева йăнăшĕсене КПСС Кувакино райкомĕнче ĕçлекен юлташсем вăхăтра асăрхаттарман. Зараева юлташăн ĕçри çитменлĕхсем тарăнлансах пынă.

Аялтан килекен критика хăй тĕллĕнех аталанма пултараймасть. Критика сарăлса пытăр тесен, ăна валли кирлĕ условисем туса памалла. Анчах ВЛКСМ хăшпĕр райкомĕсемпе хула комитечĕсем пленумсемпе актив пухăвĕсене вăхăтра ирттерсе пымаççĕ. ВЛКСМ Тăвай, Калинино райкомĕсем иртнĕ çул хушшинче пĕтĕмпе те 3—4-шар пленум анчах ирттернĕ.

«Аялтан килекен критика хăй тĕллĕнех, хăйне майăнах аталанма пултарать, тесе шухăшлани йăнăш, — тенĕ Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче тунă докладра.—Тĕрĕс критиклесе калакан кашни çын пирĕн организацисем пулăшасса туйса тăтăр, вăл хăй кăтартса панă çитменлĕхсене чăннипех пĕтерсе пынине курса ĕнентĕр,—çак условисенче кăна аялтан килекен критика ÿсе тата сарăлса пыма пултарать». Çак сăмахсене комсомол активисчĕсене воспитани парас ĕçре яланах асра тытмалла.

Комсомол организацийĕсем хăйсен пĕтĕм ĕçне парторганизацисем ертсе пынипе туса пыраççĕ. Комсомолăн вăйĕ — парти ертсе пынинче. Çакна яланах асра тытса, КПСС райкомĕсемпе хула комитечĕсем, пуçламăш парторганизацисем комсомол организацийĕсене ĕçре пулăшса пырассине кулленех лайăхлатĕç, комсомолецсемпе çамрăксене коммунизм строительствин аслă программине пурнăçа кĕртес ĕçе анлăн хутшăнтарĕç.

**Н. ЕГОРОВ.**

# ЛЮЦЕРНА ЫТЛАРАХ АКАР!

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ панă директивăсене тата çутçанталăка улăштарса çĕнетмелли сталинла плана пурнăçа кĕртсе пырса, республикăри малта пыракан колхозсем уй-хирти пусă çаврăнăшĕсемпе выльăх апачĕ акмалли пусă çаврăнăшĕсем тăваççĕ. Вĕсем нумай çул ÿсекен курăксем акакан çĕр лаптăкĕсене пысăклатса пыраççĕ, çĕрĕç культурине малалла ÿстерсе пымалли никĕс хываççĕ.

Анчах курăксем акса тăвас ĕçри çитĕнÿсем хальхи вăхăтра социализмла ялхуçалăхĕн ÿсĕмĕсемĕн ÿссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерме пултараймаççĕ-ха. Çав ыйтусене пĕтĕмĕшпех тивĕçтерес тесен, нумай çул ÿсекен курăксене акса тăвасси çине тимлĕрех пăхмалла. Курăксем акса тăвас ĕçе хăвăртрах аталантарни—тăпра пахалăхне лайăхлатмалли, тырпула тухăçлăхне пĕрмай ÿстерсе пымалли тата обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли яланах çителĕклĕ апат хатĕрлеме çирĕп никĕс туса хумалли тĕп условисенчен пĕри пулать.

Нумай çул ÿсекен курăксене вăрлăхлăх акса тăвас ĕçре те, утăлăх акса тăвас ĕçре те çÿлĕ пусăмра тăракан агротехника уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăрать. Курăксене обязательнăй йĕркепе агротехника хушнă пек акса пăхса ÿстерес пулать. «Биологи наукинчи лару-тăру çинчен» тунă докладра Т. Д. Лысенко академик çапла каларĕ: «Ÿсентăрансен лайăх сорчĕсене, çавăн пекех тата выльăх-чĕрлĕхĕн лайăх ăрачĕсене те практикăра яланах чи лайăх агротехникăпа тата зоотехникăпа усă курса тунă, малашне те çавăн пекех туса пырĕç».

Çĕрĕçĕн курăк акмалли системине хăвăртрах туса çитерес тесен, вăрлăхлăх акнă курăксене, агротехникăлла ĕçсен пĕтĕм комплексне пурнăçласа, пăхса ÿстермелле, клевер, люцерна, тимофеевка, овсяница вăррисене ытларах пухса кĕртмелле.

Чăваш республикинче уй-хире акакан тĕп курăк клевер пулса тăрать. Анчах клевер хăшпĕр çулсенче сивве начар тÿссе иртгерет, сайраланать. Çакă—унăн çитменлĕхĕ. Ялхуçалăхĕнчи работниксен клевер акса тăвас ĕç çине тимлĕнрех пăхмалла, унăн агротехникине лайăхлатса пымалла. Çакăнпа пĕрлех выльăх апачĕ валли ытти культурăсене, уйрăммăнах люцернăна ытларах акса тума тăрăшас пулать.

Люцерна, клевер пекех, ялхуçалăхĕнче агротехникăпа вылăх апачĕ тĕлĕшпе пысăк вырăн йышăнса тăрать. Ăна тимофеевкăпа хутăштарса аксан, вăл тăпрана кĕрпеклĕ тăвать, тăпра тухăçлăхне ÿстерет, ун хыççăн акнă тырăсемпе техникăлла культурăсем тухăçлă пулаççĕ.

Люцерна утине пур тĕрлĕ выльăхсем те юратса çиеççĕ. Унăн симĕс курăкĕ белоксемпе тата витаминсемпе пуян. Люцерна хĕллехи сиввĕсене те, типĕ шăрăх çанталăка та пĕр пекех лайăх тÿссе иртгерет, çулсан çĕнĕрен хăвăрт ÿсет, утă та, вăрлăх та нумай тухать.

Выльăх апачĕн çирĕп базине туса хурас тĕлĕшпе люцерна хуçалăхра уйрăмах пысăк вырăн йышăнмалла. Мĕншĕн тесен пирĕн патăрти условисенче ăна çу каçиччен утăлăх икĕ хут, тепĕр чухне виççĕ хут те çулса илеççĕ. Çавна май люцерна уттин тухăçлăхĕ клевер уттинчен вăтам шутпа 1,5 хут пысăкрах пулать. Кунсăр пуçне люцерна курăкĕ пĕр вырăнтах 6—8 çул хушши тухăçлă ÿссе тăма пултарать. Çавăнпа республикăри пур колхозсенче те люцерна акса тăвассине сарса пымалла, ăна малашне клеверпа пĕр танах акма тытăнас пулать.

Юлашки çулсенче пирĕн республикăри колхозсем люцерна ытларах акса тума тытăнчĕç. 1952 çулта çулса илнĕ нумай çул ÿсекен курăксен пĕтĕм лаптăкĕшĕнче люцерна 12 процент пулнă. Малта пыракан колхозсем люцерна вăрлăхне акса тăвас тĕлĕшпе пысăк çитĕнÿсем тунă.

Тĕслĕхрен, Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз люцерна вăрлăхне 1948 çулта гектар пуçне 3,5-шер центнер, 1949 çулта—2-шер центнер, 1950 çулта—3,22-шер центнер, 1951 çулта—2,8-шер центнер тата 1952 çулта—1,35-шер центнер пухса кĕртнĕ. Люцернăна утăлăх тата вăрлăхлăх акса тăвас тĕлĕшпе Комсомольски районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхоз, Чкаловски районĕнчи «Гвардеец», Вăрмар районĕнчи «Дружба», Элĕк районĕнчи «Динамо», Октябрьски районĕнчи «13 лет Октября» тата ытти хăшпĕр колхозсем паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Ку колхозсем люцерна вăрлăхне хăйсем валли кăна мар, государствăна ытти колхозсене памаллăх та туса илеççĕ.

Çапах та люцернăна республикăра сахал акаççĕ-ха. Чылай колхозсем çак паха курăка халĕ те пачах акмаççĕ. Люцерна акмасăр тăма халĕ ĕнтĕ нимĕнле сăлтав та çук. Республикăн «Заготзерно» склачĕсенче люцерна вăрлăхĕ нумай, ăна кашни колхоз кирлĕ таранах илме пултарать. Çав вăрлăха хăвăртрах илсе хатĕрлемелле. Нумай çул ÿсекен курăксем акмалли плана кăçал клеверпа тимофеевка тата люцернăпа тимофеевка хутăштарса е çак виçĕ тĕрлĕ курăка пĕрле хутăштарса акнипе тултармалла. Çакăнпа пĕрлех, пур колхозсенче те вăрлăх тума люцернăна уйрăм акса хăвармалла.

**Т. КРУЖИЛИН,**
Ялхуçалăх наукисен кандидачĕ,

**А. ФЕДОРОВ,**
Чăваш АССР ялхуçалăх министерствин сорт управленийĕн начальникĕ.

## Уй-хир ĕçĕсене механизацилесси ÿсет

ВĂРНАР. Кольцовкăри Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхозра уй-хир ĕçĕсене механизацилесси çултан-çул ÿсет. Социализмла Ĕç Геройĕ И. Т. Пронькин юлташ ертсе пыракан трактор бригадинче кăçал «ДТ-54» маркăллă трактор, «СТЗ-НАТИ» маркăллă икĕ трактор, «ХТЗ» маркăллă трактор, «Универсал» маркăллă икĕ трактор, трактор сеялкисем 4, удобренисем сапмалли сеялкăсем 2, çĕрулми лартмалли машинăсем 4, самоходнăй комбайнсем 3, çĕрулми кăлармалли машинăсем 5 тата ытти ялхуçалăх машинисем те ĕçлĕмелле.

Çураки ĕçĕсене, тырпул пухса кĕртес, авăн çапас, çĕрулми кăларас тата силос хывас ĕçсене пĕтĕмпех машинăсемпе тăваççĕ. Кăçал уй-хир ĕçĕсене пĕтĕмĕшпех механизациленĕ май колхоз вуншар пин ĕçкунĕ перекетлесе хăварать. Ку вăл строительство ĕçне вăйлатма май парать.

**Н. ЛЕОНИДОВ.**

## Ялкорсемпе стена хаçат редакторĕсен канашлăвĕ

СОВЕТСКИ. КПСС райкомĕ ялкорсен тата стена хаçат редакторĕсен канашлăвне ирттерчĕ. Суракине хатĕрленнĕ тата ирттернĕ тапхăрта ялкорсемпе стена хаçат редакторĕсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен районти «Совет ялавĕ» хаçат редакторĕ С. Налимов юлташ доклад туса пачĕ.

Стена хаçат редакторĕсем пĕр-пĕрин опычĕпе паллашрĕç, районти хаçат çитменлĕхĕсене палăртрĕç. «Совет ялавĕ» хаçат редакцийĕ çамрăк авторсемпе çителĕксĕр ĕçлет. Ялхуçалăх ĕçĕнче малта пыраканĕсен опытне начар сарать.

**В. ПЕТРОВ.**

# Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕнче

### Финанс органĕсен 1953 çулхи пĕрремĕш кварталти финанс планне тултарассишĕн социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсем

Республикăри финанс органĕсен 1953 çулхи пĕрремĕш кварталта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсене пăхса тухса, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ ăмăртура Канаш хулинчи финанс пайĕ мала тухнине палăртнă (хула Совет исполкомĕн председателĕ С. М. Синицын юлташ, хулари финанс пайĕн заведующийĕ А. Н. Шляпникова юлташ, профсоюз райкомĕн председателĕ Николаев юлташ).

Канаш хулинчи финанс пайĕ кăçалхи пĕрремĕш кварталти плана халăхран укçа-тенкĕ пухас енĕпе 106,9 процент, çав шутра: налогсем енĕпе—102,7 процент, государство страхованийĕ енĕпе—133,9 процент, перекет касси енĕпе—110,5 процент, государство тупăшĕсем енĕпе — 102,4 процент тултарнă.

Канаш хулинчи финанс пайне Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне тата преми 5.000 тенкĕ, ку шутран Канаш хула Совет исполкомĕн председательне С. М. Синицын юлташа 500 тенкĕ памалла тунă.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ социализмла ăмăртура Чурачăк районĕнчи финанс пайĕ иккĕмĕш вырăна тухнине палăртнă (райисполком председателĕ Г. Ф. Осипов юлташ, районти финанс пайĕн заведующийĕ П. В. Салеев юлташ, профсоюз райкомĕн председателĕ В. М. Прокопьева юлташ).

Чурачăк районĕнчи финанс пайĕ укçа-тенкĕ пухмалли плана ялхуçалăх налогĕ енĕпе—100,9 процент, государство страхованийĕ енĕпе—125,0 процент, перекет касси енĕпе—111,4 процент, государство тупăшĕсем енĕпе 102,2 процент тултарнă.

Чурачăк районĕнчи финанс пайне иккĕмĕш преми — 4.000 тенкĕ памалла тунă.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ Красноармейски районĕнчи финанс пайĕпе Шупашкар хулинчи финанс пайĕ лайăх ĕçленине, пĕрремĕш кварталта финанс планне тултарнине палăртнă.

Кунпа пĕрлех Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ 1953 çулхи пĕрремĕш кварталти финанс планне Элĕк, Калинино, Октябрьски, Советски, Шăмăршă, Шăхасан, Çĕмĕрле районĕсенче çителĕксĕр пурнăçланине палăртнă, ку районсенчи исполком председателĕсене 1953 çулхи иккĕмĕш кварталти финанс планне пĕтĕмпех тултарма татăклă мерăсем йышăнма хушнă.

## Районти профактив пухăвĕ

ТĂВАЙ. Кунта районти профсоюз активĕн пухăвĕ пулса иртрĕ. Пухура КПСС райкомĕн секретарĕ П. Алексеев юлташ Чăвашоблпрофсоветăн VII-мĕш пленумĕн итогĕсем çинчен доклад туса пачĕ.

Пухура пулнисем райсовет исполкомĕн сывлăх пайĕ, медицина работникĕсен профсоюз райкомĕ халăх сывлăхне сыхлас ĕçе тивĕçлипе туса пыманнине палăртрĕç. Çак ĕçри пысăк çитменлĕхсене палăртса, çитменлĕхсене пĕтермелли майсене кăтартса пачĕç. Пуху халăх сывлăхне сыхлас ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе медицина учрежденийĕсемпе медицина работникĕсем тумалли ĕçсене палăртса хăварчĕ.

**А. АЛЕКСЕЕВ.**

# Спорт ĕçне хатĕрленес ĕçри çитменлĕхсене пĕтермелле

Хăта спортсменсем хатĕрлес, физкультурниксен спорт ăсталăхне ÿстерес, çĕнĕ рекордсем тума çине тăрса хатĕрленес ĕçре çуллахи вăхăт чи лайăх вăхăт пулса тăрать. Çуллахи вăхăтра тĕрлĕ спорт ĕçне хутшăнма пур майсем те çителĕклĕ.

«Искра» спорт обществи республикăри пысăк спорт обществисенчен пĕри шутланать. Хĕллехи сезонра общество членĕсем пысăк çитĕнÿсем турĕç. М. Михайлов спортсмен йĕлтĕр енĕпе республикăра мала тухассишĕн пынă ăмăртура 50 километра чупса республика рекордне лайăхлатнă. А. Мартынов 30 километра, Л. Вилюнова 8 километра ăмăртса чупса республика чемпионĕ ятне илме тивĕçлĕ пулчĕç. Родионов, Львов, Протопопова конькипе чупса лайăх тĕслĕхсем кăтартрĕç. Трамплин çинчен сикес енĕпе пулнă ăмăртура Николаев тата Яшин спортсменсем республикăри малти вырăнсене йышăннă. Иртнĕ çулла З. Матвеев спортсмен çăмăл атлетика енĕпе республика чемпионĕ ятне илнĕ. Слалом енĕпе ирттернĕ ăмăртура мĕнпур пĕрремĕш вырăнсене «Искра» спорт обществин спортсменĕсем йышăннă.

Иртнĕ çулта общество членĕсем 1.024 çын ГТО значокĕн I-мĕш ступеньри нормисене, 280 çын—II-мĕш ступеньри нормисене панă. 26 çын Пĕтĕм Союзри спорт классификацийĕн I-мĕш разрядри нормисене, 184 çын—II-мĕш разрядри нормисене, 637 çын III-мĕш разрядри нормисене тултарнă.

Общество руководителĕсем çак çитĕнÿсемпе лăпланса лармаççĕ. Вĕсем çуллахи спорт сезонĕнче тата пысăкрах ÿсĕмсем тăвассишĕн тăрăшаççĕ. Çавăнпа та общество совечĕ çуллахи спорт сезонне хĕллех хатĕрленме тытăннă. Çав тĕлĕшпе план туса хатĕрленĕ, вăл плана март уйăхĕн пуçламăшĕнчех физкультура коллективĕсен председателĕсем патне ярса панă. Пур коллективсенче те çĕнĕ пекех пухусем ирттернĕ. Вăл пухусенче хĕллехи спорт сезонĕн итогĕсене сÿтсе явнă, физкультура коллективĕсем умĕнче çуллахи вăхăтра тăракан задачăсене палăртнă. «Искра» спорт обществин совечĕн работникĕсем час-часах физкультура организацийĕсенче пулаççĕ, вĕсене тивĕçлĕ пулăшу параççĕ.

Çуллахи спорт сезонне хатĕрленнĕ май 7 пин тенкĕлĕх спорт инвентарĕ туяннă, кивĕ инвентаре юсанă. Март уйăхĕнчен пуçласа волейбол, баскетбол, гимнастика, çăмăл атлетика тата ытти секцисем йĕркеллĕ ĕçлеççĕ.

Анчах республикăри пур спорт обществисенче те çуллахи сезона хатĕрленес тĕлĕшпе çителĕклĕ таран ĕçлеççĕ теме çук-ха. Хăшпĕр спорт обществисемпе физкультура организацийĕсен руководителĕсем ку ĕçпе сахал интересленеççĕ, вĕсем хĕллехи спорт сезонĕнче тунă хăшпĕр çитĕнÿсемпе лăпланса ларма пăхаççĕ.

* * *

«Спартак» спорт обществи хĕллене начар мар хатĕрленнĕччĕ. Ун чухне вăл ĕç çине тимлĕн пăхни сисĕнетчĕ. Хальхи вăхăтра çуллахи сезона хатĕрленес тĕлĕшпе кирлĕ пек ĕçлемеççĕ. Кимĕсемпе байдаркăсене, велосипедсене юсама тытăнман.

— Пирĕн спорт инвентарĕ çителĕклĕ,—теççĕ общество руководителĕсем. Çав вăхăтрах вĕсем шиповкăсем, футбол бутсисем çитменнине йышăнаççĕ.

— Çуллахи сезона хатĕрленнĕ май миçе тенкĕлĕх спорт инвентарĕ туянтăр?

— Вуникĕ пин тенкĕлĕх туянмалла. Халлĕхе пĕр пуслăх та туянман-ха. Вăхăт пур, ĕлкĕрĕпĕр,—теççĕ кунта.

Шупашкар хулинче «Спартак» обществин членĕсем миçе çын пулнипе интересленсен, общество совечĕн инструкторĕ К. Бомонин юлташ:

— Халех, документсем тăрăх шутласа пăхам-ха,—терĕ.

Бомонин юлташ хулари «Спартак» обществине кĕрекен физкультура коллективĕсем енĕпе ĕçлет. Инструктор общество членĕсен шутне пĕлменни чăнкипех те тĕлĕнтерет. Бомонин юлташ калана тăрăх, Шупашкарти чи лайăх физкультура организацийĕсенчен пĕри «Красный кустарь» артелĕнчи физкультура коллективĕ шутланать. Вăл калана тăрăх, унта 51 çын членра тăрать. Инструктор кăштах вăхăт иртсен, хăйĕн йăнăшне тÿрлетсе: «51 мар, 91 член иккен», тесе хучĕ.

Эпир «Красный кустарь» артельре пултăмăр. Документсене пăхнă хыççăн, юлашки отчет тăрăх общество членĕнче 73 çын тăни палăрчĕ. Коллективри 73 çынтан 10—12 çын кăна спорт ĕçне хутшăнать, ыттисем хут çинче çеç шутланса тăраççĕ.

Физкультура коллективĕнче нимĕнле спорт секцийĕсем те ĕçлемеççĕ. Кунта çуллахи спорт сезонне хатĕрленесси çинчен аса та илмеççĕ. Секцисен ĕçне йĕркелесе ярас тĕлĕшпе «Спартак» спорт обществин руководителĕсем нимĕнле мерăсем те йышăнмаççĕ.

* * *

«Медик» спорт обществин советне пырса кĕнĕ чухне общество председателĕ Кошелев юлташ шут шăрçисене шаккаса ларатчĕ. Кошелев юлташпа общество ĕçĕсем çинчен каласма пуçласан, вăл сиввĕн кăна:

— Манăн вăхăт çук,—терĕ.

Председатель каллех темĕн шутлама пуçларĕ. Эпир вăл мĕнле ĕç туса ларнипе çине тăрсах интереслентĕмĕр.

— Укçа-тенкĕ ыйтăвĕ пуçа çавăрать,—терĕ вăл кăмăлсăррăн. — Нумаях пулмасть общество ĕçне тĕрĕслесе кайрĕç. 5 пин тенкĕ ытла укçа тухмасть.

Кошелев юлташ каласа панинчен çакă паллă пулчĕ: çуллахи спорт сезонне хатĕрленес тĕлĕшпе нимĕнле ĕç те туман, план та туса хатĕрлемен.

— План мар-ха кунта, ревизи...

Кошелев юлташ хăй нумайранпа çак обществăра ĕçлени çинчен, унăн ĕçне никам та хакламанни çинчен калама пуçларĕ, вĕçĕмсĕр ÿпкелешрĕ.

Калас пулать: общество хĕллехи сезонра питех те çителĕксĕр ĕçленĕ. Вăл ГТО значкисчĕсем, спортсмен-разрядниксем хатĕрлемелли плана çултан-çул тултарса пыраймасть. Ку вăл «Медик» спорт обществин председателĕ Кошелев юлташ физкультурăпа спорт ĕçĕ çине тимсĕррĕн пăхнинчен килнĕ.

Обществăн спорт инвентарĕ çителĕксĕр. «Динамо» тата «Роскультторг» магазинĕсенче спорт ивентарĕсенчен чылайăшĕ пур. «Медик» обществине 4 пин тенкĕ укçа уйăрса панă пулин те, вăл укçапа нимĕнле спорт инвентарĕ те туянман.

* * *

«Красная звезда» спорт обществи те çуллахи сезона начар хатĕрленет. Общество председателĕ Журавлев юлташ вăл ыйту тăрăх нимех те уçăмлăн калама пултараймарĕ. Вăл Çĕмĕрлери стадиона юсасси çинчен, Йĕпреç вăрманпромхозĕнчи физкультура коллективĕн ĕçне лайăхлатма кирли çинчен каларĕ, анчах ку тĕлĕшпе мĕнле кронкретлă ĕçсем тума палăртни, çак ĕçе комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксен активне хутшăнтарас тĕлĕшпе мĕн туни çинчен пĕр сăмах та шарламарĕ. Чи лайăх спортсменсене пухса вĕсенчен инструктор-общественниксем хатĕрлес пирки обществăра сахал шухăшлаççĕ.

Иртнĕ çулта, «Красная звезда» спорт обществин планĕ тăрăх, ГТО-н пĕрремĕшпе иккĕмĕш ступеньри нормисене 1.040 çын памалла пулнă. 499 çын кăна ГТО значокĕн нормисене тултарнă. План тăрăх, 234 çын спортсмен-разрядник нормине тултармалла пулнă. Анчах вăл нормăна 154 çын кăна тултарнă.

Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатĕнче физкультурăпа спорт ĕçне анлăн сарса яма пур условисем те пур. Комбинатра ĕçлекен темиçе пин çынтан 246 çын кăна «Красная звезда» спорт обществинче тăрать. Журавлев юлташа çак факт нимĕн чухлĕ те пăшăрхантармасть, вăл общество членĕсен йышне ÿстерес тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлемест.

1952 çулта комбинатра футбол, волейбол, баскетбол, чупкă тата ытти спорт вăййисем енĕпе пĕр спортсмен-разрядник та хатĕрлемен. Ку вăл иртнĕ çулта çуллахи спорт сезонне начар хатĕрленнинчен те нумай килнĕ. Общество руководителĕсен кăçал çак йăнăша шута илес пулать.

Обществăра Шупашкарти физкультура коллективĕсем çинчен пачах маннă темелле.

— Пирĕн хулара 130 член кăна. Тĕп вăй—районсенче,—тет Журавлев юлташ.

Сосновкăри хăма çуракан заводри, Приволжски вăрманпромхозĕнчи физкультура коллективĕсем япăх ĕçлеççĕ. Унта ГТО значкисчĕсен, спортсмен-разряднисен йышне ÿстерес тĕлĕшпе никам та тăрăшмасть.

Заводри физкультура коллективĕн иртнĕ çулсенче лайăх йĕркеленĕ стадион пулнă. Стадион физкультурăпа спорт ĕçне аталантарас ĕçре пысăк вырăн йышăннă, унта тĕрлĕ спорт ăмăртăвĕсем часчасах ирттернĕ. Хальхи вăхăтра стадион юрăхсăра тухнă, ăна юсаттарас тĕлĕшпе «Красная звезда» спорт обществин руководителĕсем сахал тăрăшаççĕ.

* * *

«Молния» спорт обществин стадионĕ çинчен те сăмах асăнмасăр иртме юрамасть. Республикăри тата Шупашкар хулинчи пысăк ăмăртусем яланах ку стадионра пулса иртеççĕ.

Темиçе çул хушши ĕнтĕ стадиона тĕпренех юсасси çинчен калаçаççĕ, анчах ĕç калаçуран малалла каймасть. Кăçал стадионăн пĕтĕм картине, павильонне, трибунăна юсамалла. Курма пыракан çынсем лармалли вырăнсем çĕрнĕ, вĕсене улăштармалла. «Молния» спорт обществин председателĕ Троицкий тата стадион директорĕ пулнă Чинаев юлташсем стадиона юсасси çинчен сахал шухăшланă. Вĕсем мартăн 28-мĕшĕнче кăна стадиона юсама укçа уйăрса пама ыйтнă.

«Молния» спорт обществи совечĕн стадиона юсаса йĕркене кĕртес тĕлĕшпе васкавлă мерăсем йышăнмалла.

* * *

Хулари физкультурăпа спорт ĕçĕсен комитечĕ физкультура коллективĕсен ĕçне оперативлă ертсе пымасть. Шупашкарти чăлха фабрикинче Ф. Кутуев юлташ пуçарнипе 1952 çулхи декабрь уйăхĕнче физкультура коллективĕ организациленĕ. Коллектив çамрăк-ха, ăна тивĕçлĕ пулăшу кирлĕ. Анчах хулари физкультурăпа спорт ĕçĕсен комитечĕн работникĕсем фабрикăна пĕрре те пырса курман. Комитет фабрикăна шахмат ăмăртăвне мĕнле ирттермелли çинчен калакан положени ярса панипех лăпланнă. Фабрикăри физкультура коллективĕ çуллахи спорт сезонне мĕнле хатĕрленнине хулари комитетра ĕçлекенсем пĕлмеççĕ.

Спорт ĕçне вăйлатмалли, пиншер ĕççыннисене физкультура занятийĕсене хутшăнтармалли чи лайăх вăхăт çывхарса килет. Спорт обществисемпе физкультура организацийĕсен çуллахи спорт сезонне пур енĕпе те тĕплĕн хатĕрленсе çитмелле, сезона хатĕрленес ĕçри çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтермелле.

«Коммунизм ялавĕ» хаçат бригади:
**Е. НИКИТИН,**
**А. ЖИРНОВ,**
**В. НИКИТИН.**

# Малайя халăхĕ Англи колонизаторĕсене хирĕç кĕрешет

Малайăра—Ази материкĕн кăнтăр вĕçĕнче вырнаçнă, ултă миллион çынлă пысăках мар çĕршывра Англи империализмĕ чĕртсе янă вăрçă çулăмĕ ялкăшать. 1948 çулхи июньтен пуçласа Малайя халăхĕ хаяр кĕрешÿре хăйĕн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхне хÿтĕлет. Малайя патриочĕсене хирĕç çапăçма Англи колонизаторĕсем хăйсен питĕ лайăх хĕçпăшалланнă çур миллион çынлă çарне янă. Çак çар кунта çынсене вĕлерсе пĕтермелли мĕнпур майсемпе—реактивлă самолетсемпе, химилле хĕçпăшалпа усă курать.

Анчах Малайя халăхĕн наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан юхăмне нимĕн те пусарма пултараймасть.

Малайя—Британи империйĕн питех те пуян колонийĕ. Пĕтĕм тĕнчере туса кăларакан каучукăн çуррине яхăн тата тăхланăн виçĕ пайĕнчен пĕр пайне ытла Малайăра туса кăларасçĕ. Çак пуянлăхсене çаратса, Англин «Гаррисон энд Гросс-филд», «Раббер эстейтс эйдженси», «Стрейтс-Трейдинг корпорейшн» тата ытти компанийĕсем çав тери нумай мул пухаççĕ. 1948 çултан пуçласа çак компанисен тупăшĕ 8 хут ÿснĕ!

«Дейли геральд» хаçат Малайăна Англин «долларсем çапса кăларакан вырăнĕ» тесе ят панă. Чăнах та, Малайăн стратегилле чĕртаварĕсене сутни Британи казначействин вăрçа хатĕрленнине пула хăвăрт чакса пыракан долларсен запасне хушса ÿстермелли пысăк çăлкуçĕ пулса тăрать. Юлашки çулсенче Англи çав чĕртаварсене сутса ытти мĕнпур [illegible] тупнинчен те ытларах долларсем тупнă. «Хĕçпăшалăри мĕнпур çĕршывсене чĕртавар парса тăмалли стратегилле район Малайя урлă каçать,—тесе кăтартса парать Лондонри финанс хуçисен «Экономист» ятлă журналĕ.—Малайăри кĕрешÿре çиеле тухаймасан е вăл вĕçĕмсĕр нумая тăсăлсан, Англин пĕтĕм Хĕвелтухăçри вăйхăватĕнчен, чапĕнчен тата влиянийĕнчен мĕн юлнă пекки те пĕтĕмпех пĕтсе ларĕ».

Малайăри вăрă-хурахла вăрçă пилĕк çул хушши пырать. Çак вăхăтра Англи çарĕсен командующийĕсем виçĕ хут улшăннă. Поражени тÿснине пула хаярланса кайса, вĕсенчен кашниех хăйĕн тискер ĕçĕсемпе ун умĕн пулнă командующирен иртсе кайма тăрăшнă. Бучер генерал вăрçă пуçламăшĕнчех çапла каланă: «Джунглире хамăр валли çул тасатас тесе, эпир «çунтарса янă çĕр туса хумалли тактика» тытса пырăпăр». Чăнах та, Англи çарĕсем Малайя çĕрĕ тăрăх утса тухнă çул вăл—çынсене массăллăн вĕлернĕ, ялсене çунтарса янă çул, полицейскисем чарусăр тискер ĕçсем тунă çул пулса тăрать. Малайăри пиншер патриотсене персе е тĕрмесенче асаплантарса вĕлернĕ, 25 пин çынна яхăн çĕршывран хăваласа янă, çур миллион çынна «урăх çĕре куçаракансен лагерĕ» текенĕсене хупнă, çав лагерьсене Англи парламенчĕн членĕ Том Драйберг «Малайăри Макронисосем» тесе ят панă (Макронисос—Грецири монархо-фашистсем тунă вилĕм лагерĕ.—В. Х.).

Пĕр вăхăтра Англин пус пулса тăракан ушкăнĕсем Малайăн наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан юхăма хирĕç кĕрешме Бриггс генерал туса хатĕрленĕ «план» çине пысăк шанăç хунă. Çав «планăн» тĕп тĕллевĕ—Англи çарĕсем, хăйсен çулĕ çинче мĕн тĕл пулнине пурне те çунтарса ярса тата ишĕлтерсе, Малайăн кăнтăр пайĕнчен çурçĕр пайне тухасси пулнă. Анчах намăса пĕлмесĕр «вырăнсене тасатса тухни» тесе ят панă çак операцирен нимĕн те тухман. «Тасатса тухнă» хыççăн Англи çарĕсен тылĕнче яланах партизансен çĕнĕ отрячĕсем ÿссе тăнă, вĕсем тăшмана хытă пыра-пыра çапнă. «Тасатнă текен районсенче тытăçусем час-часах пулаççĕ, мĕншĕн тесен вĕсенче партизансем малтанхинчен те нумайрах пулмалла»,— тесе ÿпкелешсе çырнă «Файнэншл таймс» хаçат.

Бриггс вырăнне çулталăк каярах Малайăна Темплер генерала янă, ăна татах та хаяртарах ĕçсем туса ирттерме кăтартусем панă. Англири «Дейли уоркер» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Темплер хăйпе пĕрле Малайăна «вырлăх операцийĕ» текен план илсе пынă, çав планăн тĕллевĕ — Малайăн хĕçпăшалланнă патриочĕсене—Халăх ирĕклĕхĕшĕн кĕрешекен çара тата партизансене—апат-çимĕçсĕр тăратса хăварасси пулнă. Çакна тума джунгли çумĕнчи районсенче пурăнакансене урăх районсене «куçарса кайнă». «Çĕнĕ ялсем» тавра (буржуалла ничет вĕсене çавăн пек ят панă) акăлчансем йĕплĕ пралуксенчен карта тытса çавăрнă. «Çав ялсенче пурăнакансене,—тесе çырать Америкăри пĕр корреспондент,—полицейскисем яланах асăрхаса тăраççĕ. Кашни çын ĕçе кайнине кăнтăрла та, çĕрле те питĕ хытă сăнаççĕ». Хăшпĕр чухне çав ялсенче пурăнакансене талăкра икĕ сехет хушши çеç килĕсенчен тухма ирĕк параççĕ. Хресченсем акнă тырпула акăлчансем наркăмăшлă япаласемпе тискеррĕн пĕтерсе тăкаççĕ. Сăмахран, «Стрэйтс таймс» хаçат Çурçĕр Перакра пысăк çĕр лаптăкĕ çине наркăмăшлă япаласем сапса тухни çинчен çырса пĕлтернĕ. Пиншер çынсен выçăпа вилмелле пулать.

Англи колонизаторĕсем вăрçăн экономикăлла йывăрлăхĕсене те пĕтĕмпех Малайя халăхĕ çине тиенĕ. Вăрçă валли тухакан питĕ пысăк расходсене пула, хут укçа хакĕ çав тери йÿнелсе кайнă. Апат-çимĕç хакĕсем пĕрмаях ÿсеççĕ. «Малэйн монитор» бюллетень çырса кăтартнă тăрăх, вăрçă çулĕсенче рис хакĕ 7 хут ытла ÿснĕ. Колонизаторсем Малайăна вăрласа çаратнин чикки те çук. Кунта çуртсем çине çакмалли номерсенчен те тÿлевсем илеççĕ! Тÿлевсем уйăхран уйăха ÿссе пыраççĕ. 1952 çулта Малайăра кашни çын пуçне илнĕ вăрçă налогĕн шучĕ пĕр çынна 2,5 çул тăранса пурăнма çитет!

Малайăри рудниксемпе каучук плантацийĕсенче каторгăри пек йĕрке туса хунă. Рабочисем лаçсенче пурăнаççĕ, унта çав тери нумаййăн пурăнă пирки вĕсен черетпе çывăрма тивет. Çĕршывра пĕтĕм халăха ирĕксĕрлесе ĕçлеттермелли законсем кăларнă, ĕçе тухманшăн нумай çула тĕрмене хупса лартаççĕ.

Ирĕклĕхшĕн пыракан юхăма пусарассишĕн Англи пусмăрçисем темле тăрăшаççĕ пулин те, Малайăри халăх вăрçи ытларах та ытларах вăйланать. Тăватă çул каялла Малайя патриочĕсем хăйсен Халăх ирĕклĕхĕшĕн кĕрешекен çарне туса хунă, вăл Англи çарĕсене хирĕç пулса иртнĕ 18.000 ытла тытăçăва хутшăннă. Халăх ирĕклĕхĕшĕн кĕрешекен çар Вăта-çĕрпе Кăнтăр Малайăра тата пуринчен ытла Джохорпа Паханг княжествисенче уйрăмах активлă кĕрешет. Юлашки вăхăтра Малайя халăхĕн хĕçпăшаллă кĕрешĕвĕ çĕршывăн çурçĕр-хĕвелтухăç пайне те сарăлнă. Малайя партизанĕсем çурçĕр-хĕвеланăçри районсенче те тăшмана туйăнмаллах пыра-пыра çапаççĕ. Ансăртран мар ĕнтĕ нумаях пулмасть Англи çарĕсен командующийĕн заместителĕ Локкарт генерал: «Малайя джунглийĕсенчи вăрçă вĕçленесси курăнмасть те», тенĕ.

Англи влаçĕсем Малайăра колонизаторсемпе «пĕрле ĕçлеме» килĕшменшĕн çав тери тискер наказанисем параççĕ. Перак княжествинчи Танджонг-Малим поселокĕн районĕнче партизансем Англи çарĕсем çине темиçе хутчен тапăннă. Партизансем тапăннине чарма пултарайман пирки Англин главнокомандующийĕ Темплер поселокра мирлĕн пурăнакансене: «Кам партизансем çинчен сведени памасть, çавна наказани паратăп», тесе ультиматум тăратнă. «Малэйен монитор» бюллетень Танджонг-Малимере ун хыççăн мĕн пулса иртни çинчен каласа парать. Поселока питĕ пысăк тĕрме туса хунă. Унта пурăнакан 25 пин çынна килĕсенчен тухма чарнă, поселок районĕн те кирек мĕнле куçса çÿрессине те чарса лартнă, халăха апат-çимĕç парса тăмалли нормăна, уйччен те пĕчĕккĕ пулнăскерне, çурри чухлĕ чакарнă. Çакна курнă çынсем поселокра выçă ачасемпе хĕрарăмсен йăнăшса макăрни пур çĕрте те илтĕнни çинчен каласа пачĕç, тесе çырать бюллетень. Анчах выçă уçрани те, тĕрмери пек йĕрке туни те, çынсене массăллăн арестлени те Англи карателĕсене пулăшман. Танджонг-Малимере сутăнчăксем тата колонизаторсене пулăшакансем тупăнман.

«Малайăра акăлчансем тарăнрах та тарăнрах путса пыраççĕ,—тесе çырать Индири «Таймс оф Индия» хаçат.—Операцисене ертсе пырас ĕçе февральте Темплер хăйĕн аллине илнĕ хыççăн тата тискертерех ĕçсем туса ирттернĕ пулин те, партизансен тапăнса пырас вăйĕ чакман. Çакна Темплерăн хăйĕн те ирĕксĕрех йышăнмалла пулнă. «Пирĕн çĕнĕ дивизисем 100 пулас пулсан та,—тенĕ вăл,—эпир Малайăна пурпĕрех коммунистсенчен пĕтĕмпех тасатса çитерейместпĕр пулмалла. Вĕсене апат-çимĕç парса тăрассине пĕтĕмпех чарса лартма эпир нихçан та пултараймастпăр...»

Рабочи класс Малайăри наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан юхăмăн авангарчĕ пулса тăрать. Кăнтăр-Хĕвелтухăç Азири ытти çĕршывсенчипе танлаштарсан, вăл кунта чылай ытларах (пĕтĕм халăхăн 10—15 проценчĕ) шутланать. Малайăри коммунистсен партийĕ рабочи класс тавра халăхăн ытти сийĕсене те пĕтĕçтерме пултарнă. Малайя патриочĕсен хĕçпăшаллă кĕрешĕвĕ пынă вăхăтрах Малайя пролетариачĕн хăватлă стачкисем пулса иртеççĕ. Сингапур портĕнчи рабочисен нумаях пулмасть пулса иртнĕ забастовки çавна кăтартса паракан тĕслĕх пулса тăрать. Çав забастовкăна 10 пин çын ытла хутшăннă. Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе Малайăра наци ирĕклĕхĕшĕн кĕрешекен пĕрлĕхлĕ фронт туса хунă. Çак фронтăн ялавĕ айне пĕтĕçсе, Малайя халăхĕ империалистсене хирĕç кĕрешессине вăйлатса пырать.

Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче туса панă хăйĕн докладĕнче çапла каларĕ: халĕ империализмăн колониилле системи чăннипех арканса пырать, Китай халăхĕ çĕнтерни Хĕвелтухăçне тата та ытларах революцилентерчĕ тата империализм чуралантарнă халăхсен ирĕклĕхшĕн пыракан кĕрешĕвне вăйлантма пулăшрĕ.

Çак сăмахсене Малайăри лару-тăру, çавăн пекех Кăнтăр-Хĕвелтухăç Азири ытти колонисемпе пăхăнса тăракан çĕршывсенчи лару-тăру та уççăнах çирĕплетсе кăтартать. Пусмăрта пурăнакан халăхсем вăранса çĕкленеççĕ.

**В. ХАРЬКОВ.**

# ООН Генеральнăй Ассамблейин VII-мĕш сессийĕ

## Политикăлла комитетра

НЬЮ-ЙОРК, апрелĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Политикăлла комитет апрелĕн 13-мĕшĕнчи ирхи ларура Польша делегацийĕ çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне сирсе ярас тата халăхсем хушшинче мирпе туслăха çирĕплетес ыйту тăрăх тăратнă сĕнÿсене сÿтсе явнă.

Голланди, Çĕнĕ Зеланди, Панама тата Израиль представителĕсем Польша сĕнĕвĕсене хирĕç тухса каланă, анчах хăйсен шухăшĕсене çирĕплетме вĕсем нимĕнле сăлтав та тупса калама пултарайман.

Лару вĕçĕнче Чехословаки делегацийĕн пуçлăхĕ В. Давид тухса каланă. Вăл Польша сĕнĕвĕсем пурнăçа кĕмелли пысăк программа пулса тăнине кăтартса панă. Çак программа тăрăх çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне сирсе яма тата халăхсем хушшинче мирпе туслăха тĕреклетме пулать.

Чехословаки представителĕ Польша делегацийĕ тăратнă кашни сĕнÿ тăрăх Чехословаки делегацийĕ мĕнле шутлани çинчен тĕплĕн каласа панă. Хĕçпăшалсемпе хĕçпăшаллă вăйсене ÿстерме чарасси çинчен Польша делегацийĕ тăратнă сĕнÿ пысăк вырăнта тăнине палăртнипе пĕрлех, вăл капитализмла çĕршывсенче хĕçпăшал нумай туса кăларни çинчен калакан фактсем илсе кăтартнă.

Чехословаки делегацийĕ Польша сĕнĕвĕсене ырласа йышăнать, тенĕ юлашкинчен В. Давид. Вăл ытти делегацисене те Польша делегацийĕ тăратнă резолюци проекчĕшĕн сасăлама чĕннĕ.

НЬЮ-ЙОРК, апрелĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Апрелĕн 13-мĕшĕнчи кăнтăрлахи ларура Политикăлла комитет Польша тăратнă сĕнÿсене малалла сÿтсе явнă.

Куба, Панама тата Доминикан республикин делегачĕсем Польша сĕнĕвĕсемне нихăш енчĕн те çыхăнса тăман ыйтусем тăрăх нумай тата вырăнсăр калаçнă.

Австрали представителĕ хăй Польша сĕнĕвĕсене мĕншĕн йышăнма килĕшменни çинчен каласа: хальхи вăхăтра «мир тумалли ансат çул çук», мир тумалли çула резолюцисенче мар, «çулпуçсен шухăшĕнче тупма пулать», тенĕ.

Лару вĕçĕнче Польша представителĕ Политикăлла комитет членĕсене Польша сĕнĕвĕсене пăхса тухасси çине тимлĕ пăхма чĕннĕ, мĕншĕн тесен çак сĕнÿсем вĕсем мир ĕçĕпе халăхсен хăрушсăрлăхĕшĕн пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ.

НЬЮ-ЙОРК, апрелĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Апрелĕн 14-мĕшĕнчи ирхи ларура Политикăлла комитет Польша сĕнĕвĕсене малалла сÿтсе явнă.

Греци, Турци, Таиланд, Бразили тата Уругвай представителĕсем Польша сĕнĕвĕсене хирĕç тухса каланă. Анчах вĕсем те, унччен тухса каланă чылай делегатсем пекех, хăйсен позицийĕсене çирĕплетсе пама нимĕнле сăлтав та тупма пултарайман.

Белорус ССР делегацийĕн пуçлăхĕ К. В. Киселев çапла каланă: Польша делегацийĕ тăратнă резолюци проектĕнче тĕнчери ку чухнехи чи çивĕч ыйтусене те мирлĕ майпа йĕркелесе ямалли конкретлă майсене палăртнă, вăл çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне сирсе ямалли программа пулса тăрать. Польша делегацийĕ тăратнă сĕнÿсем мире юратакан мĕнпур халăхсен интересĕсене тивĕçтереççĕ, вĕсем миршĕн тăнине çирĕплетсе параççĕ.

Белорус ССР делегацийĕ, тенĕ К. В. Киселев, Польша делегацийĕ Корейăри вăрçă ĕçĕсене халех чарса лартасси çинчен тăратнă сĕнĕве чĕререн ырласа йышăнать. Эпир, тенĕ вăл малалла, çапла шанса тăратпăр: вăрçă вăрçакан икĕ енĕ те тыткăнри çар çыннисем çинчен тăракан пĕтĕм ыйтăва татса парас тĕлĕшпе пĕтĕм вăя хурса ĕçлĕç, çапла вара Корейăри вăрçа чарса лартма кансĕрлесе тăракан чăрмавсене пĕтерĕç.

Польша делегацийĕ çакăн пек сĕнÿ панă: Генеральнăй Ассамблейăн Çурçĕр Атлантика блокне кĕрекен çĕршывсем ООН-ра тăма пултараймаççĕ тесе пĕлтермелле. Мĕншĕн тесен çак блок вăл хĕçпăшалланас ĕçе вăйлатать тата тĕнчери лару-тăрăва йывăрлатать. БССР представителĕ çак сĕнĕве ырланă.

США, СССР, Великобритани, Франци тата Китай правительствисене хăйсен хĕçпăшаллă вăйĕсене, вăл шутра сывлăшçар, тинĕс-çар вăйĕсене, виçĕ пайран пĕр пайне чакарма тата вĕсене хăйсен хĕçпăшалĕсем çинчен тулли сведенисем тăратма сĕнни, тенĕ К. В. Киселев, мире сыхласа тăрас тĕлĕшпе конкретлă ĕçсем йышăнма кирлĕ паха утăм пулса тăрать. Польша делегацийĕ çавăн пекех тата Хăрушсăрлăх Советне мĕнпур государствăсен хĕçпăшаллă вăйĕсене чакарас ыйту тăрăх кĕске срок хушшинче пĕтĕм тĕнчери конференци ирттерме сĕнет. Çак сĕнĕве йышăнни вăл пĕтĕм тĕнчери мире тĕреклетес ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăрать. Белорус ССР делегацийĕ, тенĕ юлашкинчен Киселев, Польша республикин резолюци проектĕнче кăтартнă сĕнÿсем уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăнине тепĕр хут палăртма кирлĕ, тесе шутлать. Вĕсем пĕтĕм тĕнчери халăхсемшĕн пысăк вырăн йышăнса тăракан ыйтусене татса памалли çул-йĕре кăтартса параççĕ. Белорус ССР делегацийĕ çапла шутлать: Польша тăратнă резолюцие ООН йышăнни тĕнчери çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне сирсе ярас тата пĕтĕм тĕнчипе мир ĕçне тĕреклетес ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăрать. Польша сĕннĕ резолюцие йышăнни Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн авторитетне ÿстернĕ пулĕччĕ. Çÿлте каланисене шута илсе, Белорус ССР делегацийĕ Польша делегацийĕн резолюци проектне пĕтĕмĕшпех ырлать.

НЬЮ-ЙОРК, апрелĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Политикăлла комитетăн апрелĕн 14-мĕшĕнчи кăнтăрлахи ларăвĕнче Польша сĕнĕвĕсене малалла сÿтсе явнă. Ларура Ирак, Коста-Рика, Англи, Боливи тата Украина ССР представителĕсем тухса каланă.

Ирак представителĕ Абула Бэкр Корейăри вăрçă ĕçĕсене хăвăртрах чарса лартма кирли çинчен каланă. Халĕ Корейăра вăрçă ĕçĕсене чарса лартма лайăх майсем пуррипе усă курмасан, Генеральнăй Ассамблея ООН идеалĕсене пăснă пулĕччĕ.

Ирак делегачĕ колонилле державăсен империалистла политикине сивленĕ. Колонилле державăсем, колонисенчи халăхсен наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан кĕрешĕвне пусарса, тĕнчери лару-тăрăва йывăрлатаççĕ. Франци правительстви Туниспа Мароккăна никама пăхăнманлăх прави парассине хирĕç тăни — ООН Уставĕн принципĕсене хирĕç пырать. Франци çакăн пек хăтланни араб çĕршывĕсемпе Ази çĕршывĕсене питех те пăшăрхантарать, тенĕ юлашкинчен Абула Бэкр.

Англи представителĕ Джебб Корейăри вăрçă ĕçĕсене халех чарса лартасси çинчен Польша делегацийĕ тăратнă сĕнĕве хирĕç каланă, Паньмыньчжоньра калаçусем пынă вăхăтра Корейăра перемири тума кансĕрлекен чăрмавсене пурне те пĕтерме пулать, тенĕ.

Аслă державăсен хĕçпăшаллă вăйĕсене виçĕ пайран пĕр пайне чакарасси çинчен тата атомлă хĕçпăшала, халăха массăллăн пĕтерекен ытти йышши хĕçпăшалсене чарса лартасси çинчен Польша тăратнă сĕнĕве йышăнма хальхи вăхăтра «майлă мар», тенĕ Англи представителĕ.

Боливи представителĕ çапла каланă: Польша делегацийĕ тăратнă сĕнÿсене Генеральнăй Ассамблейăн пурне те сирсе пăрахмалла мар, тенĕ. Польша сĕнĕвĕсем тăрăх Генеральнăй Ассамблейăн хальхи сессийĕнче нимĕнле решени те йышăнмалла мар, тенĕ вăл.

УССР делегацийĕн пуçлăхĕ А. М. Барановский: Украина ССР делегацийĕ Польша правительствин пуçарăвне саламласа чĕререн ырлать, мĕншĕн тесен вăл пуçару мĕнпур халăхсем мире сыхласа хăварма тăрăшнине палăртать, çĕнĕ вăрçă тухассине сирсе яма май парать, тенĕ.

Политикăлла комитетра, тенĕ А. М. Барановский, Польша сĕнĕвĕсене хирĕç нимĕнех те калама пултараймарĕç. Америка делегацийĕпе ытти хăшпĕр делегацисем çак сĕнÿсене сÿтсе явассинчен пăрăнса юлма хăтланчĕç Польша халĕ тăратнă сĕнÿсем Совет Союзĕн сĕнĕвĕсене тепĕр хут тăратни пулать, вăл сĕнÿсене ООН-ăн иртнĕ сессийĕсенчех сирсе пăрахнă, теççĕ вĕсем. Анчах çакнашкал калаçнине ĕненмелле сăлтав тесе йышăнма çук. Çакăн пек сăлтава ĕненес пулсан, ку таранччен йышăнман кирек мĕнле сĕнĕве хирĕç те çавăн пек калама пулать. Хăй вăхăтĕнче сирсе пăрахнă принципсем каярахпа тĕнчери пысăк килĕшÿсен никĕсĕ пулса тăнине пурте пĕлеççĕ. Ку тĕлĕшпе тĕнчери çыхăнусен практики нумай тĕслĕхсем кăтартать. Хăй вăхăтĕнче Америка конгресĕ пĕтĕм тĕнчери организацин никĕсĕ çинче коллективлă хăрушсăрлăх туса хурас идейăна сирсе пăрахрĕ. Халĕ çак идейăна пурте йышăнаççĕ.

Польша сĕнĕвĕсем вĕсем хăйсен вăйне çухатман çеç мар, вĕсене йышăнни тĕнчери йывăрланса çитнĕ хальхи лару-тăру условийĕсенче уйрăмах кирлĕ.

Корейăра тыткăнри çар çыннисем çинчен тăракан пĕтĕм ыйтăва татса парас тĕлĕшпе малтанхи ĕçе тунă, тенĕ Барановский, тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илесси çинчен калаçу пуçлани шанчăк паракан ĕç пулса тăчĕ. Вăрçă вăрçакан енĕсем пĕр-пĕринпе килĕшсе хăвăртах решенисем йышăнчĕç. Çак кунсенче Паньмыньчжоньра тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илесси çинчен килĕшÿ çине алă пуснă. Çак пĕлтерĕве тĕнчери халăхсем пысăк кăмăлпа йышăнса илчĕç. Паньмыньчжоньра килĕшÿ туни тыткăнри çар çыннисем çинчен тăракан пĕтĕм ыйту тăрăх килĕшÿ тумалли çула уçса пачĕ.

Украина ССР делегацийĕ Корея ыйтăвне мирлĕ майпа татса парасси çинчен тата Корейăра вăрçă ĕçĕсене халех чарса лартасси çинчен тăракан ыйтăва тепĕр вăхăта хăварма юрамасть, тесе шутлать, çавăнпа та вăл çак тĕллеве пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе Польша тăратнă сĕнĕве йышăнать.

США, Англи тата Франци, тенĕ малалла А. М. Барановский, атомлă хĕçпăшала чарса лартасси çинчен тăратнă сĕнĕве çаплах хирĕç тăраççĕ-ха, вĕсем Ачесон—Барух—Лилиенталь планĕ хыççăн пыраççĕ. Атомлă хĕçпăшала, халăха массăллă пĕтерекен ытти хĕçпăшалсене чарса лартасси çинчен тата çакна пурнăçланине пĕтĕм тĕнчипе тĕрĕслесе тăмалла тăвасси çинчен Польша тăратнă сĕнÿсене Украина ССР делегацийĕ ырлать.

Аслă державăсен хĕçпăшаллă вăйĕсене пĕр çулталăк хушшинче виçĕ пайран пĕр пайне чакарасси çинчен Польша тăратнă сĕнÿ пирки чарăнса тăрса, А. М. Барановский çапла каланă:

Аслă державăсен хĕçпăшалĕсене виçĕ пайран пĕр пайне чакарни хĕçпăшаллă вăйсене чăннипех чакарас тĕлĕшпе малтанлăха тунă практикăллă утăм пулать, тесе шутлатпăр эпир. Ытти государствăсен хĕçпăшаллă вăйĕсене чакарасси çинчен пĕтĕм тĕнчери конференцире татса памалла. Польша сĕнĕвĕ тăрăх, Хăрушсăрлăх Совечĕн çав конференцие кĕске срокра пухмалла.

Юлашкинчен Украина ССР делегацийĕн пуçлăхĕ пилĕк аслă держава хушшинче Мир Пакчĕ тумалли ыйту çинче чарăнса тăнă. Мир Пакчĕ çинчен Польша делегацийĕ тăратнă сĕнĕве совет делегацийĕ ырларĕ. Çак сĕнÿ вăл Совет Союзĕ мĕнпур тĕп ыйтусем—Совет Союзĕпе хĕвеланăçĕнчи державăсем хушшинче хирĕçÿсем кăларакан ыйтусем—тăрăх калаçусем ирттерме хатĕр тăнине кăтартать.

Аслă державăсем Мир Пакчĕ туни,—ку пакт çумне ытти мĕнпур государствăсем те хутшăнма пултараççĕ ĕнтĕ,—тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатнă пулĕччĕ, вăл васкаса хĕçпăшалланассине пĕтерсе лартнă пулĕччĕ, агрессилле Çурçĕр Атлантика союзне пĕтерсе хунă пулĕччĕ. Мире тĕреклетессишĕн тата тĕнчери халăхсем хушшинче шанчăклă хăрушсăрлăх туса хурассишĕн чĕререн тăракан çĕршывсен США, СССР, Великобритани, Франци тата Китай хушшинче Мир Пакчĕ тумалли çинчен Польша делегацийĕ панă сĕнĕве йышăнас пулать.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, апрелĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея халăх çарĕн соединенийĕсемпе Китай добровольцĕсен чаçĕсем Пенамдон районĕнче Америкăпа Англи интервенчĕсене тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç çапăçнă.

Апрелĕн 13-мĕшĕнче çĕрле Америка авиацийĕ каллех Пхеньян хулинчи мирлĕ халăх пурăнакан кварталсем çине тапăннă, бомбăсем пăрахнă. Хĕрарăмсем, ачасем тата ватă çынсем хушшинче вилнисемпе аманнисем нумай.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем тăшманăн 5 самолетне персе ÿкернĕ.

ПХЕНЬЯН, апрелĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Халăх çарĕн соединенийĕсемпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем Америкăпа Англи интервенчĕсене тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç фронтсенче хăшпĕр вырăнсенче çапăçнă.

# Паньмыньчжоньри калаçусем пирки

ПЕКИН, апрелĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран çапла пĕлтерет:

Паян Паньмыньчжоньра икĕ енĕн штаб-офицерĕсем тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илес тĕлĕшпе татăклăн туса хатĕрленĕ килĕшÿ текстчĕсене улăштарса илнĕ. Килĕшĕве корея, китай тата акăлчан чĕлхипе çырса хатĕрленĕ. Тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илесси çинчен тунă килĕшÿ çине виçĕ кун каяллла алă пуснă.

Перемири тăвасси çинчен калаçу пуçламалли куна палăртас ыйтăва сÿтсе явма çитес 1—2 кун хушшинче çыхăну ушкăнĕсен ларăвне ирттермелле тăвас тĕлĕшпе генерал Ли Сан Чо панă сĕнÿпе контр-адмирал Даниэль килĕшнĕ пулнă. Апла пулин те паян çыхăну ушкăнĕсен нимĕнле ларăвĕ те пулман. Тăватă кун иртрĕ ĕнтĕ, анчах Америка енĕ перемири тăвасси çинчен калаçусем пуçласа ямалли куна палăртас тĕлĕшпе нимĕнле кăтартусем те паман.

ПЕКИН, апрелĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран çапла пĕлтерет:

Корейăпа Китай делегацийĕ паян çакăн пек пĕлтерÿ пичетлесе кăларнă:

Тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илес тĕлĕшпе апрелĕн 11-мĕшĕнче килĕшÿ çине алă пуснă хыççăн, çыхăну ушкăнĕсен штаб-офицерĕсен ларăвĕнче икĕ енĕ чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илессипе çыхăнса тăракан администрацилле ĕçсем çинчен татăклăн каласса татăлнă. Апрелĕн 14-мĕшĕнче çак килĕшĕвĕн татăклă çырса хатĕрленĕ текстчĕсене официальнăй йĕркепе улăштарса илнĕ. Çапла ĕнтĕ, конференцире икĕ енĕ пĕрле сÿтсе явнă хыççăн тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илесси çинчен тăракан ыйтăва хăвăрт татса пама пултарнă.

Корейăпа Китай енĕн командующийĕсем мартăн 28-мĕшĕнче тата апрелĕн 1-мĕшĕнче генерал Марк Кларк патне янă çырусем тăрăх тата мартăн 31-мĕшĕнче Марк Кларк Корейăпа Китай енĕн командующийĕсем патне янă çыру тăрăх, икĕ енĕ те çапла килĕшнĕ; тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене вăрçă ĕçĕсем пынă вăхăтра улăштарса илесси çинчен тăракан ыйтăва тĕрĕс татса пани—тыткăнри çар çыннисем çинчен тăракан пĕтĕм ыйтăва пĕр чăрмавсăр татса пама май памалла. Çапла ĕнтĕ, тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илесси çинчен тăракан ыйтăва сÿтсе явнисĕр пуçне, икĕ енĕн çыхăну ушкăнĕсен перемири тăвасси çинчен икĕ енĕн делегацийĕсем хушшинче калаçусем пуçласа ямалли куна палăртас пирки сÿтсе явмалла. Çакна май генерал Ли Сан Чо çыхăну ушкăнĕсен апрелĕн 11-мĕшĕнче пулнă ларăвĕнче çакăн пек сĕнÿ панă: тыткăнри çар çыннисем çинчен тăракан пĕтĕм ыйтăва тата Корейăра перемири тăвасси çинчен тăракан ыйтăва сÿтсе явса татса парас тĕлĕшпе икĕ енĕн делегацийĕсем хушшинче халех калаçусем ирттерме тытăнмалла. Ун чухне тепĕр енĕ пĕр-икĕ кун хушшинче ответ пама килĕшнĕ.

# Корейăра тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илме хатĕрленни

ПЕКИН, апрелĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ ĕнер Кэсонран çапла пĕлтернĕ:

Килĕшÿ тăрăх Çурçĕр Корейăри лагерьсенчен тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене паян уйрăм ушкăнсемпе илсе тухма пуçланă. Çак çар çыннисем Кэсона апрелĕн 16-мĕшĕнче тата каярахпа çитеççĕ пулĕ, тесе шутлаççĕ. Каннă хыççăн тата медицина енĕне кирлĕ пулăшу илнĕ хыççăн вĕсем Кэсонран апрелĕн 20-мĕшĕнче е каярахпа Паньмыньчжоньри конференци районне тухса каяççĕ. Çапла вара вĕсем хăйсен тăван килĕсене таврăнма телей илнĕ тыткăнри çар çыннисен малтанхи ушкăнĕ пулса тăраççĕ.

Тыткăнри çар çыннисен пĕрремĕш ушкăнĕ паян ирхине 6 сехетре Чхонморан 20 автомашинăпа тухса кайнă. Вĕсем икĕ кунтан Кэсона пырса çитмелле. Тепĕр икĕ ушкăнĕ çав сехетрех 45 автомашинăпа Маньпхочжиньран тата Пхектонран тухса кайнă. Вĕсем Кэсона апрелĕн 17-мĕшĕнче пырса çитмелле.

Чирлĕ тата аманнă çар çыннисене вырнаçтарма Корейăпа Китай енĕ Америка авиацийĕ пĕтĕмпе тенĕ пекех çĕмĕрсе тăкнă Кэсон хулинче ыттисенчен лайăхрах сыхланса юлнă çурта уйăрнă.

Тыткăнри çар çыннисем валли вăхăтлăха тунă госпитальсене пырса курнă корреспондентсем, çакна палăртаççĕ: Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсен командованийĕсем тыткăнри çар çыннисене тепĕр енĕнчен йышăнса илме, вĕсене медицина тата ытти енчен пулăшу пама хатĕрленес тĕлĕшпе хăйсем мĕн тума пултарнине пурне те тунă.

ЛОНДОН, апрелĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин Токиори корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, Чечжудо утравĕ çинчен Корейăпа Китай салтакĕсен пĕррешĕш ушкăнĕ Пусана пырса çитнĕ. Тыткăнри çар çыннисене улăштарса илесси çинчен килĕшÿ тунă тăрăх, вĕсене хăйсен тăван çĕршывне ăсатмалла.

Пусана пăрахутпа тыткăнри чирлĕ тата аманнă 770 çынна илсе пынă. Вĕсене Пусанран Паньмыньчжона илсе каяççĕ.

### ЯПОНИРИ СУЙЛАВ УМĔНХИ КАМПАНИ

ПЕКИН, апрелĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Токиоран илнĕ хыпарсем тăрăх Синьхуа агентстви çапла пĕлтерет:

Японири Коммунистсен партийĕ парламента суйлавăн кампанийĕ пынă вăхăтра çĕршыва çĕнĕрен хĕçпăшаллантарассине хирĕç кĕрешме пĕрлĕх фрончĕ тума чĕнсе каланине ытти прогрессивлă партисем йышăннă.

Японири коммунистсен партийĕ, рабочисемпе хресченсен партийĕ тата социалистсен партине тепĕр хут туса хурас тĕлĕшпе ĕçлекен комитет пĕр фронта пĕрлешсе кандидатсем тăратнă. Производствăлла профсоюзсен конгресĕпе Японири профсоюзсен генеральнăй совечĕ çĕршыва тепĕр хут хĕçпăшаллантарассине хирĕç тăракан кандидатсене ырлама йышăннă.

# Футбол вăййипе ССР Союзĕнче мала тухмалли ăмăрту

СССР Сывлăх министерстви 1953 çулта футбол вăййипе ССР Союзĕнче мала тухмалли ăмăрту ирттерессси çинчен решени йышăннă. Ăмăртăва «А» класри тата «Б» класри командăсем хутшăнаççĕ.

Ăмăртура кашни командăн ытти кашни командăпа икшер хут вылямалла пулать.

«А» класри командăсен шутне çĕршыври чи вăйлă 12 командăна кĕртнĕ. Вĕсен шутĕнче: «Спартак» — Мускав, «Динамо» — Киев, «Динамо» — Мускав, «Динамо»—Тбилиси, «Динамо»—Ленинград, МВО, «Зенит»—Ленинград, «Крылья Советов» — Куйбышев, «Локомотив» — Мускав, «Торпедо» — Мускав, «Локомотив» — Харьков, «Спартак» — Вильнюс.

«А» класри командăсен вăййисем апрелĕн 19-мĕшĕнче пуçланаççĕ.

Футбол вăййипе ССР Союзĕнче мала тухмалли ăмăртури малтанхи вăйă Мускавра майăн 1-мĕшĕнче пулать. Вăл кунхине столицăри «Спартак» тата «Торпедо» командисем тĕл пулса выляççĕ.

«Б» класри командăсен ăмăртăвне 27 команда хутшăнаççĕ.

«Б» класри командăсен вăййисем майăн 2-мĕшĕнче пуçланаççĕ.

(ТАСС).

# Ялти лектори

ШĂХАСАН. Çĕнĕ Чалкассинче тăваттăмĕш çул ĕнтĕ лектори ĕçлет. Юлашки уйăхсенче лектори политика, наука, ял хуçалăх тата çутçанталăк ыйтăвĕсем тăрăх 80 яхăн лекцисемпе докладсем ирттернĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсене тата И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле ĕçне ял ĕçченĕсене ăнлантарса парас тĕлĕшпе лекторсен пĕрлешĕвĕ ятарласа план тунă. Лекторсем çав плана пурнăçласа пыраççĕ. Кăçал «Сталинла Конституци—халăхăн ылтăн кĕнеки», «СССР мирпе демократи тĕрекĕ», «Сталин юлташ социализмран коммунизма куçмалли тĕп условисем çинчен», «Хулапа ял хушшинчи уйрăмлăхсем пĕтсе пыни», «Туслăхпа юлташлăх» темăсем тăрăх вуланă лекцисене колхоз членĕсем уйрăмах пысăк хаваслăхпа итлерĕç.

В. НЕСТЕРОВ.

*Театр*

## „ТВОЕ ЛИЧНОЕ ДЕЛО“

Республикăри вырăсла драма театрĕн коллективĕ Е. Успенская тата Л. Ошанин çырнă «Твое личное дело» ятлă пьесăна лартса пачĕ. Пьесăра совет çемйине сăнласа кăтартнă.

Спектакле Ленинградри А. Н. Островский ячĕпе тăракан театр институчĕн студенчĕ режиссер-дипломник М. С. Генин лартма хатĕрленĕ.

Тĕп рольсене ЧАССР тава тивĕçлĕ артисчĕсем И. Пустовойтов, А. Дуняк, Е. Оболенская тата В. Кадочников, И. Николаевская, Г. Кукарников, В. Гудкова артистсем выляççĕ.

Куракансем спектакле ырласа йышăнаççĕ.

### ТЕХНИКУМРИ ÇĔНĔ УЙРĂМ

Çитес вĕренÿ çулĕнчен пуçласа Шупашкарти энергетика техникумĕ çумĕнче строительство специалисчĕсем вĕрентсе хатĕрлекен уйрăм уçăлать. Çапла вара техникумра электротехнически, теплотехнически тата строительство специалисчĕсем вĕрентсе хатĕрлекен уйрăмсем пулаççĕ. Çитес вĕренÿ çулĕнче техникума 150 çын вĕренме илмелле.

Кăçал техникум 42 электротехник тата 35 теплотехник вĕрентсе кăларать.

Л. МИХАЙЛОВ.

## Атăл çинче

Атăл шывĕ хушăнса пырать. Иртнĕ икĕ талăк хушшинче Шупашкар тĕлĕнче 104 сантиметр, кăçал пурĕ 5 метр та 69 сантиметр хушăннă.

Атăл çинче талкăшпех пăр юхать.

# Ыйтусемпе ответсем

ЫЙТУ: Чĕрене операци тума пулать-и?

К. Егоров, Калинино районĕнчи Кăкамар ялĕ.

ОТВЕТ: Чĕрене операци туса сыватасси çинчен хирургсем тахçанах шутланă, анчах ăна халиччен пурнăçлама май килмен, мĕншĕн тесен чĕре—пĕрмай ĕçлекен орган, вăл тапма пăрахсан юн çÿрене чарăнса ларать, вара çын вилет. Юн пыманнине пуринчен ытла пуç мими тÿсеймест, вăл юн пыма чарăнсан 7—8 минутранах ĕçлеме пăрахать. Операци вăхăтĕнче чĕрене вăхăтлăха ĕçлеме пăрахтарас пулать, унсăрăн операци тума çук. Унтан тата, чĕрене операци тунă чухне юн питĕ нумай каять, çын юн кайнипе вилме пултарать. Çавсене пула ĕнтĕ хирургсем чĕрене урăх нимĕнле те май çук чухне кăна сайра хутра операци тукаланă, анчах вĕсем сайра ăнăçлă пулнă.

Юлашки вăхăтра совет хирургĕсем чĕрене операци тумалли мая шыраса тупнă. Операци вăхăтĕнче чĕрене ĕçлеме чараççĕ, юн çаврăнăшне ученăйсем шутласа кăларнă уйрăм аппаратпа йĕркелесе тăраççĕ. Юн нумай кайсан урăх çын юнне ярса параççĕ.

Ниçта ылтан чĕрене амансан операци тăваççĕ. Кун пек чухне чирлĕ çынна васкаса больницăна илсе пымалла.

Отечественнăй вăрçăра аманнă çынсен хушшинче чĕрене осколкă ларса юлнисем те сахал мар. Çакăн пек чĕре вăл йĕркеллĕ ĕçлеймест, çын ĕçе юрăхсăр пулать. Мускаври тата ытти пысăкрах хуласенчи клиникăсенче операци туса чĕререн осколкăсем сахал мар кăларнă.

Чĕрен хăйĕн витĕмĕ пур. Çав витĕм шыçăнса пăсăлнине перикардит, теççĕ. Çавна пула хăшпĕр чухне чĕре витĕмĕ тата ун çумĕнчи тканьсем тачкаланса, хытса лараççĕ, ăна вара «панцырлĕ» е «чуллă» чĕре, теççĕ. Çакăн пек пулсан операци туни кăна пулăшать. «Панцырлĕ» чĕрене операци туса сыватни пĕлтĕр пирĕн хамăр республикăра та пулнă, операцие П. Ермолаев хирург тунă.

Чĕре чирĕсем хушшинче чи нумай тĕл пулаканни — порок тени пулать. Порок тесе чĕре клапанĕсем пăсăлнине калаççĕ. Пороксене пуринчен ытла эмелсемпе сыватаççĕ. Анчах сайра хутра çынсем чĕре порокĕпе çураланаççĕ. Çакăн пек чухне эмелпе сыватма çук. Юлашки вăхăтра çакăн пек порокран çынсене операци туса сыватма пуçланă, малтанхи операцисем ăнăçлăн пулса иртнĕ. Кайран, пурăннă вăхăтра, порокпа чирленĕ çынсене операци туса сыватни халĕ пулман-ха, анчах ку тĕлĕшрен те сăнавсем пулса пыраççĕ.

Чĕрене операци туса сыватасси питĕ йывăр ĕç, ăна халĕ пур çĕрте те тума пултараймаççĕ-ха. Çапах та, çитес çулсенче ăна пур çĕрте те ăнăçлăн тума тытăнассине шансах тăмалла.

ЫЙТУ: Хăшпĕр çынсем тытăнчăклă калаçни мĕнрен килет тата вăл чиртен сывалма пулать-и?

Н. Иванов, Шăхасан районĕнчи Кивĕ Шуртан ялĕ.

ОТВЕТ: Пырта сасă связкисем пур, вĕсем мĕнле тăнинчен (хулăмрах е сÿхерех, ытларах е сахалтарах туртăнса тăни тата ытти) çын сасси тĕрлĕрен пулни килет. Сасса тухма тата чĕлхене тута хĕррисем хăйсене май хускалнисем те пулăшаççĕ. Сасă связкисене йĕркере, ытти органсенчи пекех, нервăсем тытса тăраççĕ. Вĕсем пăсăлсан çыннăн сасси те улшăнать. Час-часах сасă пыр шыççан та улшăнать. Çын тытăнчăклă калаçни нумай чухне ачаранах пулать. Кун пек чухне сыватма йывăртарах, ун пек çынсене ятарласа калаçма вĕрентекен институтсенче сыватаççĕ. Тепĕр чухне тытăнчăклă калаçни хăранă хыççăн е урăх нерва чирĕсем (неврозсем) пирки пулать. Кун пек пулсан гипнозпа сыватма пулать. Мĕнле сывалмаллине кашни уйрăм хутĕнче нервопатолог çеç татса пама пултарать.

ЫЙТУ: Мĕн вăл жень-шень тата унпа ăçта усă кураççĕ?

М. Попова, Йĕпреç районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри фельдшер пунктĕнчи медицина сестри.

ОТВЕТ: Жень-шень тесе хăйне тĕллĕн ÿсекен курăка калаççĕ, вăл Корейăра, Манчжурире тата Совет Союзĕн Приморски крайĕнче ÿсет. Китайра тĕрлĕ чир-чĕрсенчен эмеллес тĕлĕшпе жень-шень тымарĕпе тахçан авалах усă курнă, ăна чи хăватлă эмел вырăнне шутланă. Каярахпа жень-шень тымарĕпе ытти халăхсем те усă курма пуçланă. Жень-шень тымарĕ чăнах та чылай чир-чĕрсенчен сывалма пулăшать. Совет Союзĕнче жень-шень курăкне тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе Д. Закутинский профессор нумай ĕçленĕ. Вăл кăтартса панă тăрăх, жень-шень тымарĕ пуç миминe лайăхрах ĕçлеме пулăшать, чĕрепе ÿпке ĕçĕсене лайăхлатать, шалти ытти органсене те йĕркеллĕ ĕçлесе тăма пулăшать. Жень-шень тымарĕнчен порошок е настойка тăваççĕ. Вĕсене врачсем урлă кăна илме пулать. Анчах хăшпĕр çынсем жень-шене ытла хаклама пăхаççĕ, вĕсен шучĕпе унăн порошокне е настойкине кăшт ĕçнипех çын çăмăлланма пултарать. Çакă вăл тĕрĕс мар, жень-шень питĕ усăллă тата вăл темиçе тĕрлĕ чир-чĕрсенчен пулăшать пулин те, унпа сывалмалли вăхăт вăтамран илсен ик-виç уйăх шутланать. Жень-шень пуринчен ытла неврастени, вăйсăр чĕре, гипертони, ар вăйсăрлăхĕ, ревматизм тата ытти чирсенчен пулăшать.

Жень-шень тунипе тата çулçисемпе сурансене сыватас ĕçре ăнăçлăн усă кураççĕ.

Хальхи вăхăтра Совет Союзĕнче жень-шень курăкне ятарласа лартса ÿстерме тытăннă тата унăн сортне лайăхлатас тĕлĕшпе те ĕçлеççĕ.

ЫЙТУ: Вăпăр пусни мĕнрен килет?

И. Терентьев, Вăрмар районĕнчи Хуруй ялĕ.

ОТВЕТ: Тĕнчере нимĕнле вăпăр та çук. «Вăпăр пуснă» тесе халăх хушшинче çын çывăрнă чухне унăн шăм-шакки вăхăтлăха хытса ларнине калаççĕ. Çак вăхăтра çыннăн шалти органĕсем (чĕре, ÿпке тата ытти) ĕçлеме пăрахмаççĕ, пĕр шăм-шак кăна хытса ларать. Çакăнтан ĕнтĕ ун пек пулни вăл нерва системинчен килни курăнсах тăрать. Ун пек япала шăннă е ытла пиçĕхнĕ хыççăн, апат-çимĕç юрăхсăр пулсан, çывăрас умĕн шикленсе выртсан, çывăрма канăçсăр, йĕркеллĕ мар выртсан, нерва системи унччен хавшак пулнă пулсан т. ыт. сăлтавсенчен те нумай килет. Медицинăра ун пек пулнине ступор, теççĕ. Сăлтавсем тĕрлĕ пулнинчен курăнсах тăрать: «вăпăр пуснинчен» пур чухне те ятарласа сывалма кирлĕ мар, ун пекки çине-çинех пулса пырать пулсан çеç невропатолог патне каймалла.

Врач К. ПАЙРАШ.

# ПĔЛТЕРНИ

Апрелĕн 17-мĕшĕнче, 20 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче партии историне пĕррешĕш тата иккĕмĕш çул вĕренекен кружок руководителĕсен семинарĕ пулать. Тема: «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Уставĕ».

Семинар руководителĕ — А. Ф. Сютруков юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

*„Коммунизм ялавĕн" çитес номерĕ апрелĕн 19-мĕшĕнче тухать.*

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

*ТЕАТР*

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — апрелĕн 17-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Твое личное дело». 20 сехетре пуçланать.

*КИНО*

«РОДИНА» — апрелĕн 17-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Близнецы»; ытти сеанссенче фильм-спектакль «Любовь Яровая», 16 тата 20 сехетре — пĕррешĕш сери, 18 сехет те 15 минутра тата 22 сехетре—иккĕмĕш сери.

«УДАРНИК» — апрелĕн 17-мĕшĕнче «Судьба балерины».

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ял хуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

МТ 01975 Типографи № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.